ПĔТĔМ ТĔНЧЕРИ ПРОЛЕТАРИСЕМ, ПĔРЛЕШĔР!

# КОММУНИЗМ ЯЛАВĔ

Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Чăваш обкомĕпе Шупашкар хула комитечĕн тата Чăваш АССР Верховнăй Совечĕпе Шупашкар хула Совечĕн хаҫачĕ

1953 ҫул Январь 31
ШАМАТКУН
№ 21 (8930)

35-мĕш ҫул тухать.
Хакĕ 20 пус.

## Паянхи номерте:



# Коммунистсем, предприятисемпе колхозсен ĕҫне лайăхлатса пырассишĕн активлă кĕрешĕр!

Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕ хăйĕн ретĕнче рабочи класăн, ĕҫ хресченĕсен тата ĕҫ интеллигенцийĕн чи лайăх ҫыннисене пĕтĕҫтерсе тăрать. Вăл, совет халăхне коммунизм ҫулĕпе ертсе пыракан парти, хăйĕн членĕсем идея тĕлĕшĕнчен пĕр шухăшлă та пĕтĕҫуллĕ пулнипе, дисциплинăна ҫирĕп тытса пынипе, парти решенийĕсене пурнăҫлассишĕн пысăк хастарлăхпа ĕҫленипе вăйлă. Парти ретне кĕнĕ ҫыншăн халăх телейĕшĕн чунтан-чĕререн тăрăшса ĕҫлесси чи таса тивĕҫ пулса тăрать.

Партин пĕтĕм историйĕ вăл ĕҫҫыннисене ырă пурнăҫ туса парассишĕн ывăнма пĕлмесĕр кĕрешсе пыни ҫинчен калать. Ленинпа Сталин туса хунă Коммунистсен партийĕ, рабочи класпа хресченсен союзне организацилесе, 1917 ҫулхи Октябрьти Социализмлă Аслă революцире ҫĕнтернĕ, капиталистсемпе помещиксен влаҫне сирпĕтсе антарнă, пролетариат диктатурине организациленĕ, капитализма пĕтернĕ, ҫынна ҫын эксплуатацилессине тĕп тунă тата социализмлă общество туса ҫитернĕ.

**«Халĕ Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн тĕп задачисем — социализмран майĕпен коммунизма куҫса пырса, коммунизмлă общество тăвасси, обществăн пурлăхпа культура шайне пĕрмаях хăпартса пырасси, общество членĕсене интернационализм шухăшĕ майлă тата мĕнпур ĕҫҫыннисемпе тăванла ҫыхăнусем тытса пурăнас шухăш майлă вĕрентсе воспитани парасси, тăшмансен агрессиллĕ ĕҫĕсенчен сыхланма Советлă Тăван ҫĕршывăн активлă оборонине пур майсемпе те тĕреклетсе пырасси пулать»** (КПСС Уставĕнчен).

Парти умĕнче тăракан ҫак тĕп задачăсене пурнăҫлассишĕн партин кашни организацийĕн, партин кашни членĕн куллен-кун активлă ĕҫлемелле. Парти Уставĕ кăтартса панă тăрăх, парти членĕн «парти решенийĕсене пурнăҫа кĕртессишĕн активлă кĕрешекен боец пулмалла».

Социализмран коммунизма куҫмалли тапхăрта парти умĕнче тăракан тĕп задачăсене асра тытса, партин XIX-мĕш съезчĕ пиллĕкмĕш пилĕк ҫуллăх план тĕлĕшпе панă директивăсене ҫирĕплетрĕ, идеологиллĕ ĕҫ, промышленноҫпа транспорт, ялхуҫалăхĕ енĕпе тăракан конкретлă задачăсене кăтартса пачĕ. Пилĕк ҫуллăх планăн задачисене пурнăҫлама парти организацийĕсен хăйсен ĕҫне вăйлатмалла, совет, хуҫалăх, профсоюз, комсомол организацийĕсене ертсе пырассине лайăхлатмалла. Ҫапла вара парти организацийĕсен пилĕк ҫуллăх плана тултарассишĕн тата ирттерсе тултарассишĕн кĕрешме ĕҫҫыннисен йышлă массисене мобилизацилемелле.

Ҫак ĕҫе пирĕн республикăри хуласемпе районсенчи, промышленность предприятийĕсенчи тата колхозсенчи парторганизацисем халлĕхе ҫителĕксĕр туса пыраҫҫĕ-ха.

Сăмах та ҫук, пирĕн промышленность ҫултан-ҫул ӳссе пырать, чылай предприятисем производство планне ăнăҫлă тултараҫҫĕ Анчах промышленность ĕҫĕнче пысăк ҫитменлĕхсем пур-ха. Ҫак кунсенче Чăваш АССР Статистика Управленийĕ республикăн халăх хуҫалăхне аталантармалли плана 1952 ҫулта тултарни ҫинчен пĕлтерни пичетленсе тухрĕ. Пĕлтернинчен ҫакă курăнать: союзлă министерствăсене пăхăнса тăракан предприятисем иртнĕ ҫулталăк планне 99,7 процент, Чăваш АССР Министерствисемпе ведомствисем 97,5 процент, вăл шутра — выранти промышленность министерстви 97 процент, ҫăмăл промышленность предприятийĕсем 92 процент, выранти топливо промышленность управленийĕ 92 процент ҫеҫ тултарнă. Промысла кооперацийĕпе инвалидсен кооперацийĕ тата Чăвашсоюзăн предприятийĕсем те плана тултарса ҫитереймен. РСФСР министерствисене пăхăнса тăракан предприятисенчен «Чăвашвăрман» трест ҫулталăкри плана 99 процент ҫеҫ тултарнă. Чылай предприятисем плана пĕтĕмĕшпе тултарнă пулин те, хăшпĕр йышши чи кирлĕ япаласем туса кăлармалли плана тултарман.

Кăтартса панă цифрăсем, чи малтан, асăннă министерствăсемпе управленисем тата организацисем, партин хула комитечĕсемпе райкомĕсем промышленность предприятийĕсене ҫителĕксĕр ертсе пыни ҫинчен калаҫҫĕ. Промышленность предприятийĕсенчи пуҫламăш парторганизацисем те рабочисемпе работницăсене производство заданийĕсене тултарма мобилизацилес тĕлĕшпе ҫителĕксĕр ĕҫлеҫҫĕ. Ĕҫри ҫакăн пек пысăк ҫитменлĕхсене хăвăртрах пĕтерес пулать.

Промышленность предприятийĕсенчи коммунистсем! Производство планĕсене тултарма чăрмантаракан сăлтавсене хăюллăн уҫса палăртăр, ĕҫри ҫитменлĕхсене пĕтерсе, предприятисем кашни уйăхра, кашни кварталта продукци туса кăлармалли плана тултармалла тата ирттерсе тултармалла тăвăр. Ĕҫре кăтартуллă пулăр, социализмлă ăмăртура малта пырса, партире тăман юлташсене малалла илсе пырăр. Пиллĕкмĕш пилĕкҫуллăхăн виҫҫĕмĕш ҫулĕнче производство планĕсене тултарассишĕн кĕрешни коммунизм обществи тăвассишĕн активлă кĕрешни пулать. 1953 ҫулта кашни предприяти производство планне тултартăр тата ирттерсе тултартăр.

КПСС обкомĕн январĕн 23—24-мĕшĕсенче пулса иртнĕ III-мĕш пленумĕ, суракине хатĕрленесси тата республикăри колхозсемпе совхозсенче выльăх-чĕрлĕхе хĕл каҫарасси мĕнле пыни ҫинчен сӳтсе явса, колхозсен ĕҫĕнчи пысăк ҫитменлĕхсене уҫса палăртрĕ, ҫав ҫитменлĕхсене пĕтермелли майсене кăтартса пачĕ. Республикăн Ялхуҫалăх министерстви, парти райкомĕсем, райисполкомĕсем, ҫĕрĕҫ органĕсем ҫителĕксĕр ертсе пынă пирки, колхозсенчи пуҫламăш парторганизацисем ҫителĕксĕр ĕҫленĕ пирки нумай колхозсенче халĕ те тĕштырăсемпе техникăллă культурăсене тата вăрлăхлăх ӳстерне курăксене ҫапса пĕтермен, вăрлăх хывса ҫитермен, хывнă вăрлăха сортлас, акма юрăхлă тăвас тĕлĕшпе ĕҫлеме тытăнман. Вăрлăх хатĕрлес ĕҫ Ҫĕрпӳ, Куславкка, Пăрачкав, Кувакино, Тăвай районĕсенче уйрăмах ҫителĕксĕр пырать. Удобренисем пухас, минераллă удобренисем кӳрес, МТС-сен техникине, колхозсен инвентарне ҫуракине хатĕрлес ĕҫе сӳрĕккĕн туса пыраҫҫĕ.

Обществăллă выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес, выльăхсене хĕл каҫарас ĕҫре те пысăк ҫитменлĕхсем пур. Партин Центральнăй Комитечĕ республикăра обществăллă выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕҫ кая юлнине пĕтерме хушни ҫителĕксĕр пурнăҫланса пырать. 1952 ҫулта республика обществăллă выльăх-чĕрлĕх ĕрчетмелли государство планне пĕр йышши выльăх енĕпе те тата кайăк-кĕшĕксем енĕпе те тултарман, майракаллă шултра выльăхсемпе сурăхсен йышĕ вара, 1952 ҫулхи январĕн 1-мĕшĕ тĕлне пулнипе танлаштарсан, чакнă.

Фермăсенче ҫамрăк выльăхсене пăхса ӳстерес, выльăх-чĕрлĕх ҫурчĕсем ҫĕнĕрен лартас тата киввисене юсас ĕҫе начар организациленĕ. Обществăллă выльăх-чĕрлĕх тухăҫлăхне ӳстермелли, выльăх апачĕн ҫирĕп никĕсне туса хумалли планлă заданисем питĕ ҫителĕксĕр пурнăҫланса пыраҫҫĕ.

КПСС обкомĕн III-мĕш пленумĕ Куславкка, Октябрьски, Шупашкар, Ишлей, Йĕпреҫ, Сĕнтĕрвăрри районĕсенчи парти, совет тата ялхуҫалăх органĕсем выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕҫе уйрăмах ҫителĕксĕр ертсе пынине палăртрĕ.

Парти райкомĕсен, обком пленумĕ йышăннă решенисене кашни колхозри парторганизацире тĕплĕн сӳтсе явмалла туса, колхозсенчи пĕтĕм ĕҫсене, уйрăмах суракине хатĕрленес, фермăсенчи выльăх-чĕрлĕхе хĕл каҫарас ĕҫе татăклăн лайăхлатма мерăсем йышăнас пулать.

Колхозсенчи коммунистсем! Партин XIX-мĕш съезчĕ ялхуҫалăхĕ умне кăларса тăратнă тĕп задачăна пурнăҫлассишĕн — ялхуҫалăхĕн мĕнпур культурисен тухăҫлăхне ӳстерессишĕн, обществăллă выльăх-чĕрлĕх йышне нумайлатнипе пĕрлех унăн тухăҫлăхне чылай ӳстерессишĕн активлă кĕрешĕр! Колхозсен ĕҫĕнчи ҫитменлĕхсене пĕтерсе, колхозниксемпе колхозницăсен пуян та культурăллă пурнăҫĕн тĕп ҫăлкуҫне — обществăллă хуҫалăха вăйлатса пырăр!

Ҫак кунсенче, пĕтĕм совет халăхĕпе пĕрле, пирĕн республикăри ĕҫҫыннисем те выранти Советсене суйлама хатĕрленеҫҫĕ. Суйлав кунне — пĕтĕм халăх праҫникне — ĕҫри ҫĕнĕ ҫитĕнӳсемпе кĕтсе илесси совет ҫыннисен йăли пулса тăчĕ.

Суйлав умĕнхи ăмăртăва анлăрах сарса, промышленность предприятисенче производство планне ирттерсе тултарассишĕн, колхозсенче суракине тĕплĕн хатĕрленсе ҫитессишĕн, обществăллă выльăх-чĕрлĕхе лайăх хĕл каҫарассишĕн, вăрман касса турттармалли задание кашни колхоз, кашни ял Совечĕ, кашни район тăрăх тултарса ҫитерессишĕн кĕрешĕр!

## Съезд решенийĕсене вĕренекенсене пулăшма

Республикăри ĕҫҫыннисем партин XIX-мĕш съезчĕн решенийĕсене тăрăшса вĕренеҫҫĕ. Вĕсене ҫак ĕҫре пулăшас тесе, радиоинформаци комитечĕ ятарласа чăвашла передачăсем йĕркеленĕ. Политшкулсенче, В. И. Ленинпа И. В. Сталин биографийĕсене тата партин историне вĕренмелли кружоксенче вĕренекенсем валли консультацисем параҫҫĕ. Передачăсем кашни кĕҫнерникун выранти вăхăтпа 18 сехет те 20 минутра пуҫланаҫҫĕ.

# РСФСР халăх хуҫалăхне малалла аталантармалли 1952 ҫулхи государство планне тултарни ҫинчен

*РСФСР Статистика Управленийĕ пĕлтерни*

1952 ҫулта РСФСР-ти республика промышленноҫĕпе выранти промышленность, ялхуҫалăхĕпе транспорт мĕнле аталанса пынине, капитальнăй строительство мĕн чухлĕ пулнине, тавар ҫаврăнăшĕ вăйланнине, хуласене илемлетсе лайăхлатнине, шкулсем, культурăпа сутĕҫ тата сывлăх учрежденийĕсем нумайланнине ҫак цифрăсем кăтартса параҫҫĕ:

## I.

РСФСР-ти республика промышленноҫĕпе выранти промышленность 1952 ҫулта продукци туса кăлармалли плана пĕтĕмпе 102 процент тултарнă. Уйрăм министерствăсемпе ведомствăсем промышленность продукцийĕ туса кăлармалли ҫулталăкри плана пĕтĕмпе ҫакăн чухлĕ тултарнă:

| | 1952 ҫулхи плана тултарнă (процентпа) |
|---|---|
| РСФСР Выранти промышленность министерстви | 104 |
| РСФСР Строительство материалĕсем тăвакан промышленность министерстви | 98 |
| РСФСР Вăрман промышленность министерстви | 93 |
| РСФСР Выранти топливо промышленность министерстви | 99,6 |
| РСФСР Ҫăмăл промышленность министерстви | 99,9 |
| РСФСР Апат-ҫимĕҫ промышленность министерстви | 104 |
| РСФСР Аш-какай тата сĕт промышленность министерстви | 102 |
| РСФСР Пулă промышленность министерстви | 98 |
| РСФСР Автомобиль транспорт министерствин промышленность предприятийĕсем | 102 |
| РСФСР Министрĕсен Совечĕ ҫумĕнчи полиграфи промышленноҫĕн, издательствăсен тата кĕнеке сутуилĕвĕн управленийĕн промышленность предприятийĕсем | 103 |
| РСФСР Кинематографи министерствин промышленность предприятийĕсем | 107 |
| РСФСР Сывлăх министерствин промышленность предприятийĕсем | 104 |
| РСФСР Промысла кооперацийĕн совечĕ | 102 |
| РСФСР Вăрман промысла кооперацийĕн совечĕ | 99 |
| Всекоопинсоюз | 107 |

1952 ҫулта республика промышленноҫĕпе выранти промышленность электромоторсем, йывăҫ каскалакан станоксем, хăма ҫуракан рамăсем, оптикăпа механика приборĕсем, слесарно-монтажнăй инструментсем, газ плитисем, газ колонкисем, тавар виҫмелли тарасасем, пăта, лаша таканĕсем, скобяной изделисем, ут таврашĕсем, кăнтăр ҫути лампиисем, хăма, гипс, пурă, метлахски плитка, тимĕрпе бетонран тунă строительство деталĕсем, санитари фаянсĕ, торф брикечĕсем туса кăлармалли плана ирттерсе тултарнă.

Планран ирттерсе ҫăм пир-тавар, ҫыхнă кĕпе-тумтир, чăлха-носки, перчаткăсем, ҫĕленĕ тумтир, кавир тата кавир изделийĕсем, пианино, рояль, пичетлемелли машинка, фарфорпа фаянс савăт-сапа, кăранташ, перо, хырăнмалли бритва, хачă, аш-какай, колбаса, аш-какай ҫурма-фабрикачĕсем, сыр, мороженăй, макаронпа кондитерски изделисем, эрех, чей, супăнь тата ытти таварсем чылай туса кăларнă.

1952 ҫулта РСФСР республика промышленноҫĕпе выранти промышленность продукци пахалăхне малалла лайăхлатса пынă, продукци ассортиментне нумайлатнă. Анчах республика промышленноҫĕпе выранти промышленноҫăн уйрăм пайĕсем промышленность продукцийĕн пахалăхне лайăхлатмалли, продукци ассортиментне нумайлатмалли заданисене тултармаҫҫĕ, производствăра брак тăваҫҫĕ. РСФСР Строительство материалĕсем тăвакан промышленность министерстви кирпĕч, известь, черепица туса кăлармалли плана тултарман. РСФСР Ҫăмăл промышленность министерстви ҫыхнă кĕпе-тумтир туса кăлармалли плана ассортимент енĕпе ҫителĕксĕр тултарнă, пĕрремĕш сорт сăран атă-пушмак туса кăлармалли задание пурнăҫламан. РСФСР Выранти промышленность министерстви государство планĕнче палăртнă хăшпĕр чи кирлĕ йышши изделисем, сăмахран урапа, повозка, вĕрен-пăяв, сĕтел-пукан, ҫавăн пекех фарфортан пысăк пахалăхлă тата пĕрремĕш сорт изделисем туса кăлармалли задание пурнăҫламан. Роспромсовет металран иккĕмĕш тата виҫҫĕмĕш сорт савăт-сапа тата пысăк пахалăхлă мар ытти йышши изделисем нумай туса кăларать.

## II.

РСФСР-ти республика промышленноҫĕпе выранти промышленность, промысла кооперацийĕ тата инвалидсен кооперацийĕ продукци туса кăларасси 1952 ҫулта, 1951 ҫулхипе танлаштарсан, уйрăм продукци енĕпе ҫакăн пек ӳсрĕ:

| | 1951 ҫулхипе танлаштарсан, 1952 ҫулта ҫакăн чухлĕ туса кăларнă (процентпа) |
|---|---|
| Хура металсен прокачĕ | 145 |
| Торф брикечĕсем | 112 |
| Кирпĕч | 118 |
| Кирпĕч выранне усă курмалли япаласем | 125 |
| Известь | 108 |
| Гипс | 108 |
| Ҫуртсене илемлетмелли плиткăсем | 130 |
| Метлахски плиткăсем | 132 |
| Гипсран тунă строительство деталĕсем | 177 |
| Пурă | 143 |
| Тимĕрпе бетонран тунă строительство деталĕсем | 128 |
| Хăма | 106 |
| Черепица | 108 |
| Толь | 118 |
| Линолеум | 184 |
| Линкруст | 113 |
| Ялхуҫалăх машинисем | 108 |
| Урапа тата повозкăсем | 115 |
| Пралукран тунă пăта | 131 |
| Газ колонкисем | 125 |
| Сĕтел-пукан | 122 |
| Ҫĕр мамăк пир-аврĕ | 107 |
| Ҫăм пир-авăр | 103 |
| Пурҫăн пир-авăр | 121 |
| Ҫиелтен тăхăнмалли трикотаж | 106 |
| Аялтан тăхăнмалли трикотаж | 117 |
| Тимĕр кроватьсем | 131 |
| Пианино, рояль | 113 |
| Радиоприемниксем | 188 |
| Хут купăс, баян, аккордеон | 112 |
| Патефон | 121 |
| Пичетлемелли машинка | 113 |
| Типовăй холодильниксем | 2,6 хут |
| Ҫĕҫĕсемпе вилкăсем | 117 |
| Тимĕр савăт-сапа | 120 |
| Фарфорпа фаянсран тунă савăт-сапа | 112 |
| Мясорубкăсем | 109 |
| Велосипедсем | 112 |
| Тетрадьсем | 108 |
| Аш-какай | 123 |
| Пулă | 106 |
| Выльăх ҫăвĕ | 103 |
| Сĕт тата сĕт продукчĕсем | 102 |
| Ӳсентăран ҫăвĕ | 110 |
| Сыр | 119 |
| Кондитерски изделисем | 113 |
| Макарон | 124 |
| Виноград эрехĕсем | 135 |
| Улма-ҫырла эрехĕсем | 106 |
| Сăра | 111 |
| Ҫĕпре | 116 |
| Витаминсем | 144 |
| Кĕпе ҫумалли супăнь | 102 |

1952 ҫулта РСФСР-ти республика промышленноҫĕпе выранти промышленность, 1951 ҫулхипе танлаштарсан, продукци 10 процент ытларах туса кăларнă.

1952 ҫулта РСФСР-ти республика хуҫалăхĕпе выранти хуҫалăх, государствăн снабжени планĕ тăрăх, чĕртавар, материалсем, топливо, электроэнерги тата оборудовани 1951 ҫулхинчен чылай нумайрах илнĕ.

РСФСР-ти республика промышленноҫĕпе выранти промышленноҫăн чылай пайĕсенче оборудованипе усă курасси лайăхланнă.

РСФСР Строительство материалĕсем тăвакан промышленность министерствин кирпĕч завочĕсенче прессен тухăҫлăхĕ ӳснĕ. Кирпĕч хĕртекен кăмакасен кашни кубометрĕ пуҫне, 1951 ҫулхипе танлаштарсан, 14 процент, известь хĕртекен кăмакасен кашни кубометрĕ пуҫне 10 процент нумайрах продукци туса кăларнă. Камернăй сушилкăсенче кирпĕч типĕтесси 10 процент хăвăртланнă. РСФСР Ҫăмăл промышленность министерствин ҫĕр мамăк тата ҫăм пир-авăр туса кăларакан фабрикисенче ҫип арлакан машинăсемпе пир тĕртекен станоксен тухăҫлăхĕ ӳснĕ. РСФСР Выранти промышленность министерствин предприятийĕсемпе промысла кооперацин артелĕсенче производствăна механизацилес ĕҫ малалла вăйланса пынă.

1952 ҫулта РСФСР-ти республика промышленноҫĕпе выранти промышленноҫра пĕр япалана туса кăларма тухакан чĕртавар, материалсем, топливо тата электроэнерги расхочĕ, 1951 ҫулхипе танлаштарсан, чакнă, анчах чылай предприятисенче чĕртаварпа материалсем нормăпа кăтартса панинчен ытлашши расходлаҫҫĕ-ха.

1952 ҫулта республика промышленноҫĕпе выранти промышленность продукцийĕн хăйне ларакан хакĕ, чĕртавар, материалсем, топливо тата электроэнергипе тепловой энерги хакне, грузсем турттармалли хака йӳнетнине шута илсен, 1951 ҫулхипе танлаштарсан, 6 процента яхăн чакнă.

## III.

1952 ҫулта пухса кĕртме тырă акнă лаптăк, 1951 ҫулхипе танлаштарсан, 1,3 миллион гектар ытларах пулнă. Чи паха тĕштырă—тулă—акнă лаптăк, 1951 ҫулхипе танлаштарсан, 2,4 миллион гектар ӳснĕ. 1952 ҫулта хлопчатник, сахăр кăшманĕ, хĕвелҫаврăнăш акса тăвасси те ӳснĕ. Ҫавăн пекех нумай ҫул ӳсекен курăксем, тымарҫимĕҫсем тата силос культурисем акнă лаптăк ӳснĕ.

1952 ҫулта РСФСР ялхуҫалăхĕнчи машина-трактор паркĕ ҫĕнĕ тракторсемпе, комбайнсемпе, груз турттармалли автомобильсемпе, тăпра ҫемҫетмелли хатĕрсемпе, акмалли, пухса кĕртмелли тата ытти ялхуҫалăх машинисемпе пуянланнă, ҫавăн пекех выльăх-чĕрлĕх фермисем валли машинăпа оборудовани чылай туяннă.

Ялхуҫалăхĕ техникăпа пуянланса пынипе пула, колхозсемпе совхозсенче ялхуҫалăх ĕҫĕсене механизацилесси тата ытларах ӳснĕ. 1952 ҫулта колхозсенче пĕтĕм уй-хир ĕҫĕсенчен тăватă пайран виҫĕ пайне машина-трактор станцийĕсем хăйсен тракторĕсемпе тата машинисемпе тунă.

Колхозсенче суха тăвас ĕҫе пĕтĕмпе пекех тата акассине 87 процент механизациленĕ. Сахăр кăшманĕ тата ытти техникăллă культурăсем акассине пĕтĕмĕшпе пекех механизациленĕ.

Колхозсенче тĕштырă акнă пĕтĕм лаптăкран 79 процентне комбайнсемпе пухса кĕртнĕ. Сахăр кăшманĕ акнă лаптăкран виҫĕ пайран икĕ пайне ытларах кăшман пухса кĕртмелли комбайнсемпе тата трактортан кăкармалли машинăсемпе пухса кĕртнĕ. Машина-трактор станцийĕсем колхозсенче тунă ялхуҫалăх ĕҫĕсен калăпăшĕ чылай ӳснĕ пулин те, машина-трактор станцийĕсем ҫĕрулми кăларас, силос хывас тата кĕрхи ҫĕртме тăвас тĕлĕшпе плана тултарайман.

Пĕлтĕр колхозсенче шыв парса тăрас, выльăх апачĕ хатĕрлес, ĕне сăвас, ҫăм касас ĕҫсенче электроэнергипе усă курасси ӳснĕ. 1952 ҫулта РСФСР территорийĕнче улма-ҫырла тата виноград чылай лартса хăварнă. Анчах ҫĕнĕ садсем чĕртмелли, ҫырла тата виноград ĕрчетмелли плана пĕтĕмĕшпех тултарайман.

1952 ҫулта РСФСР-ăн Европа пайĕнчи ҫеҫенхирлĕ тата вăрман ҫеҫенхирлĕ районĕсенчи колхозсем, вăрман хуҫалăхĕсем, машина-трактор тата вăрман станцийĕсем, ҫавăн пекех совхозсем 480 пин гектар ытларах лаптăк ҫине йывăҫ лартнă тата акнă. Йывăҫ лартмалли ҫулталăкри плана ирттерсе тултарнă.

РСФСР территорийĕнче ҫĕре шăварас тĕлĕшпе пысăк ĕҫсем туса ирттернĕ.

## IV.

1952 ҫулта РСФСР Автомобиль транспорт министерствин автомобиль транспорчĕпе грузсем турттарасси, 1951 ҫулхипе танлаштарсан, 12 процент ӳснĕ. 1952 ҫулта автобуссемпе пассажирсем турттарасси, 1951 ҫулхипе танлаштарсан, 33 процент ӳснĕ. 1952 ҫулта грузсем турттармалли плана 108 процент, автобуссемпе пассажирсем турттармалли плана—111 процент тултарнă.

1952 ҫулта РСФСР Министрĕсен Совечĕ ҫумĕнчи пĕчĕк юханшывсемпе усă курас тĕлĕшпе ĕҫлекен Главнăй управленин транспорчĕпе, 1951 ҫулхипе танлаштарсан, грузсем—26 процент, пассажирсем—13 процент нумайрах турттарнă, 1952 ҫулта грузсем турттармалли плана 102 процент, пассажирсем турттармалли плана—105 процент тултарнă.

## V.

1952 ҫулта РСФСР министерствисемпе ведомствисенче государство тăвакан капитальнăй ĕҫсен пысăкăшĕ, 1951 ҫулхипе танлаштарсан, 103 процент пулнă.

РСФСР пурăнмалли ҫуртсем тăвакан тата граждански строительство министерстви строительствăпа монтаж ĕҫне, 1951 ҫулхипе танлаштарсан, 15 процент, РСФСР Министрĕсен Совечĕ ҫумĕнчи ялпа колхоз строительствин Главнăй управленийĕ строительство ĕҫне 23 процент ӳстернĕ.

Республикăри строительство организацийĕсем ҫĕнĕ машинăсемпе механизмсем туяннă, анчах нумай стройкăсенче машинăсемпе тата механизмсемпе ҫителĕклĕ усă курмаҫҫĕ-ха.

1952 ҫулта РСФСР-ти республика хуҫалăхĕпе выранти хуҫалăхра производство хăвачĕсем ҫĕнĕрен чылай ĕҫе кĕнĕ. Пурăнмалли ҫуртсем, коммунальнăй тата культурăпа йăла ҫурчĕсем нумай туса лартнă.

1952 ҫулта строительство хакне, 1951 ҫулхипе танлаштарсан, йӳнетнĕ. Анчах республикăри хăшпĕр строительство организацийĕсем строительство хакне йӳнетме ҫирĕплетсе панă государство планне тултарайман.

Государство предприятийĕсем, учрежденисем, выранти Советсем, ҫавăн пекех хуласемпе рабочи поселоксенчи халăх, государство кивҫен укҫа парса пулăшнипе, 1952 ҫулта пурăнмалли ҫуртсем 18 миллион тăваткал метр лаптăк чухлĕ тунă. Кунсăр пуҫне ялсенче пурăнмалли ҫуртсем 175 пин ытла тунă.

## VI.

1952 ҫулта совет суту-илĕвĕ малалла вăйланса пынă. Карточка системине пăрахăҫа кăларнă хыҫҫăн, правительство йышăннă тăрăх, пиллĕкмĕш хут куллен кирлĕ таварсен ваккăн сутмалли государство хакĕсене йӳнетни халăха таварсем сутассине малалла вăйлатма пулăшнă.

1952 ҫулта государство тата кооперации суту-илĕвĕ енĕпе халăха 1951 ҫулхинчен 10 процент ытларах тавар сутнă. Халăха аш-какай, пулă, выльăх ҫăвĕ, ӳсентăран ҫăвĕ тата ытти апат-ҫимĕҫ ҫăвĕсем, ҫăмарта, сĕтпе сĕт продукчĕсем, сахăр, кондитерски изделисем, пурҫăн пир-авăр, тумтир, трикотаж изделийĕсем, чăлха, носки, сăран атă-пушмак, сĕтел-пукан, супăнь, строительство материалĕсем. велосипед, сехет, телевизор, фотоаппарат, ҫĕвĕ машинисем, патефонсем, килте усă курмалли холодильниксем, тусан тасатакан тата кĕпе ҫăвакан машинăсем сутасси чылай ӳснĕ.

1952 ҫулта государствăпа кооперации суту-илĕвĕнче магазинсемпе ларексен шучĕ ӳснĕ. 1952 ҫулта 4 пине яхăн ҫĕнĕ магазин уҫнă, ятарласа уйрăм йышши таварсем сутакан магазинсен шучĕ чылай ӳснĕ.

1952 ҫулта ҫавăн пекех колхоз пасарĕсенче халăха ялхуҫалăх продукчĕсем сутасси, 1951 ҫулхипе танлаштарсан, малалла ӳснĕ. Уйрăмах ҫăнăх, кĕрпе, ҫĕрулми, пахча ҫимĕҫ, кайăк-кĕшĕк, ҫăмарта сутасси чылай ӳснĕ.

## VII.

1952 ҫул вĕҫĕнче РСФСР-ти республика хуҫалăхĕпе выранти хуҫалăхра рабочисемпе служащисен йышĕ, 1951 ҫул вĕҫĕнчипе танлаштарсан, 2 процент ытларах пулнă.

Пĕлтĕр РСФСР-та ремесленнăй, чугун ҫул, сăрт-ту промышленность училищисенчен, фабрикăпа завод шкулĕсенчен, сăрт-ту промышленность шкулĕсенчен 214 пин ҫамрăк квалификациллĕ рабочисем пулса тухнă, вĕсене промышленноҫра, строительствăра тата транспорт ҫинче ĕҫлеме янă.

(Юлашки 2-мĕш страницăра).

# РСФСР халăх хуçалăхне малалла аталантармалли 1952 çулхи государство планне тултарни çинчен

## *РСФСР Статистика Управленийĕ пĕлтерни*

(Юлашки. Пуçламăшĕ 1-мĕш страницăра).

Республика промышленноçĕпе вырăнти промышленность предприятийĕсенче пĕчченшерĕн тата бригадăй меслетпе, курссенче вĕрентсе 1952 çулта пĕр миллион ытла рабочипе служащи квалификацине хăпартнă.

1951 çулта государствăн республикăри промышленноçĕпе вырăнти промышленноçра ĕçлекен рабочисен ĕç тухăçлăхĕ, 1951 çулхипе танлаштарсан, 7 процент ÿснĕ.

### VIII.

1952 çулта РСФСР-та пурăнакан совет халăхĕн культурăллă шайĕ малалла ÿссе пынă.

Çичĕ çул вĕрентес тата вăтам пĕлÿ парас ĕç аталаннă май, 5—10-мĕш классенче вĕренекенсен шучĕ 1952 çулта 880 пин çын ÿснĕ, 8—10-мĕш классенче вĕренекенсен хисепĕ вара 560 пин çынна яхăн ÿснĕ.

Иртнĕ çулта автономиллĕ республикăсен столицисенче, республикăна пăхăнса тăракан хуласенче, область, край центрĕсенче тата пысăк промышленноçлă центрсенче вăтам пĕлÿ парас ĕç чылай малалла аталаннă. Çак хуласенче 8—10-мĕш классенче вĕренекенсен хисепĕ 1952 çулта 45 процент ÿснĕ.

Аслă шкулсенче тата специальнăй вăтам шкулсенче 1951 çулхинчен чылай ытларах студентсем вĕреннĕ.

1952 çулта аслă шкулсенче (заочно вĕренекенсене шутласан) 922 пин студент, техникумсенче тата специальнăй вăтам шкулсенче, (заочно вĕренекенсене шутласан)—910 пин çын вĕреннĕ.

1952 çулта ĕççыннисене ĕçленĕ вăхăтрах аслă шкулсенче, специальнăй тата пĕтĕмĕшле пĕлÿ паракан вăтам шкулсенче вĕрентес ĕç вăйланнă. 1951 çулхипе танлаштарсан, заочнăй тата каçхи аслă шкулсенче вĕренекенсен шучĕ 6 процент, заочнăй тата каçхи техникумсенче вĕренекенсен шучĕ 11 процент, çамрăк рабочисен тата ялти çамрăксен шкулĕсенче вĕренекенсен шучĕ 8 процент ÿснĕ.

1952 çулта РСФСР-та государство тата обществăллă организацисен аллинче тăракан тĕрлĕ библиотекăсем 216 пин пулнă. Вĕсенче кĕнекесен шучĕ 500 миллион экземпляр ытла пулнă.

1952 çулта РСФСР-та киноустановкăсен шучĕ, 1951 çулхипе танлаштарсан, 5 процент ÿснĕ.

1952 çулта РСФСР-та больницăсен, ача çуратмалли çуртсен, диспансерсен тата ытти сывлăх учрежденийĕсен, çавăн пекех санаторисемпе канмалли çуртсен шутне малалла ÿстернĕ.

Больницăсенче ача çуратмалли çуртсенче койкăсен шучĕ, 1951 çулхипе танлаштарсан, 28 пин ÿснĕ. Врачсен шучĕ çав тапхăртах 7 пин çын ытла ÿснĕ.

1952 çулта РСФСР-ти хуласемпе рабочи поселоксене лайăхлатас, коммунальнăй предприятисем лартас тĕлĕшпе пысăк ĕçсем туса ирттернĕ. Коммунальнăй электростанцисен хăвачĕ ÿснĕ, водопроводсемпе канализаци ĕçне сарнă, трамвайсемпе троллейбуссен çулĕсене вăрăмлатнă, пурăнмалли çуртсене газ кĕртес тата ăшăтас тĕлĕшпе чылай ĕçсем туса ирттернĕ.

Коммунальнăй электростанцисем, 1951 çулхипе танлаштарсан, электроэнерги 7 процент ытларах туса кăларнă, ĕççыннисене хăйсен йăла ыйтăвĕсене тивĕçтерме газ 23 процент ытларах панă, коммунальнăй водопроводсем шыв 6 процент ытларах панă.

1952 çулта хулари транспортпа пассажирсем турттарасси, 1951 çулхипе танлаштарсан, ÿснĕ. Вăл шутран трамвайсемпе пассажирсем турттарасси—3 процент, троллейбуссемпе турттарасси—5 процент, çăмăл автомашинăсемпе турттарасси—14 процент ÿснĕ.

1952 çулта РСФСР-ти хуласемпе рабочи поселоксенче урамсемпе площадьсене чулпа асфальт сарас, йывăç лартас, бульварсем, скверсем тата паркесем тăвас енĕпе те пысăк ĕçсем тунă.

*РСФСР Статистика Управленийĕ.*

---

## ПАРТИ ПУРНĂÇĔ

# Съезд материалĕсем тăрăх занятисене лайăх ирттермелле

И. В. Сталин юлташăн «ССР Союзĕнчи социализмăн экономикăллă проблемисем» ятлă генилле çĕнĕ произведенийĕ, съездра аслă çулпуçăмăр каланă историллĕ сăмах тата съезд йышăннă решенисем совет халăхĕн кĕрешÿ çулне çутатса тăраççĕ. Çак историллĕ документсене вĕреннипе совет халăхĕ хамăр Тăван çĕршыв умĕнче тăракан аслă задачăсене татăнрах ăнланса илет. Партин XIX-мĕш съезчĕ йышăннă решенисем, И. В. Сталин юлташăн çĕнĕ произведенийĕ совет çыннисене коммунизм çĕнтерĕвĕшĕн кĕрешме çĕнĕ вăй-хăват кÿреççĕ. Çавăнпа та ĕнтĕ пирĕн кадрсем, рабочисемпе колхозниксен тата интеллигенцин анлă масси И. В. Сталин юлташ произведенине тата Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн XIX-мĕш съезчĕ йышăннă решенисене тĕплĕнрех вĕренме тăрăшаççĕ.

Партин XIX-мĕш съезчĕ пирĕн халăх умне кăларса тăратнă задачăсем парти организацийĕсене партиллĕ-организациллĕ тата коммунистсемпе кадрсене воспитани парас ĕçсене çÿлĕ пусăма çĕклеме хушаççĕ. «Идеологиллĕ ĕç,—терĕ Г. Маленков юлташ партин XIX-мĕш съездĕнче,—партин чи пысăк обязанноçĕ пулса тăрать, ку ĕçе хакламанни партипе государство интересĕсене питех те пысăк сиен кÿме пултарать».

Съезд решенийĕсене пурнăçланă май, пирĕн республикăри парторганизацисен идеологиллĕ ĕçĕ вăйланса пырать. Кадрсен, коммунистсен тата партире тăман активăн политикăллă вĕренĕвĕ лайăхланчĕ. Политикăллă вĕренĕвĕн пур сыпăкĕсенче те съезд материалĕсене тата И. В. Сталин юлташăн «ССР Союзĕнчи социализмăн экономикăллă проблемисем» ятлă произведенине тĕплĕн вĕренесси тĕп задача пулса тăрать.

Хальхи вăхăтра кружоксемпе политшкулсенче, партин каçхи шкулĕсемпе марксизм-ленинизм университечĕсенче съездăн историллĕ документсене вĕренме тытăнчĕç. Нумай коммунистсемпе кадрсем çав документсене харпăр хăй тĕллĕн вĕренеççĕ.

Съезд материалĕсене тата И. В. Сталин юлташăн произведенине вĕренессине организацилес тĕлĕшпе КПСС Шупашкар хула комитечĕ пысăк ĕçсем туса ирттерет. Хула комитечĕн библиотекинче пропагандистсем валли тăтăшах семинарсем ирттереççĕ, вĕсене консультацисем параççĕ. Вĕсенче пропагандистсем И. В. Сталин юлташ съездăн юлашки ларăвĕнче каланă историллĕ сăмах тăрăх тата ВКП(б) Центральнăй Комитечĕн ĕçĕсем çинчен Г. Маленков юлташ тунă отчетлă докладăн малтанхи сыпăкĕ тăрăх занятисене мĕнле ирттермелли çинчен сÿтсе явнă. Библиотека И. В. Сталин юлташăн «ССР Союзĕнчи социализмăн экономикăллă проблемисем» ятлă çĕнĕ произведенийĕнчен тухса тăракан уйрăм ыйтусем тăрăх лекцисем ирттерет.

КПСС хула комитечĕ, парти активĕ пулăшнипе, съезд материалĕсем тăрăх политшкулсемпе кружоксенче занятисем мĕнле иртнине тĕрĕслесе тухнă. Нумай пропагандистсем съезд материалĕсене вĕрентес ĕçе сталинла пиллĕкмĕш пилĕк çуллăх плана тултарас задачăсемпе çыхăнтараççĕ, занятисене идейăпа политика тĕлĕшĕнчен çÿлĕ пусăмра ирттереççĕ.

Съезд материалĕсене вĕренес ĕçе партин Калинино районĕнчи организацире начар мар йĕркеленĕ. Кружоксемпе политшкулсенче пуринче те парти съездĕнче И. В. Сталин юлташ каланă историллĕ сăмаха вĕреннĕ, халĕ съездра Г. Маленков юлташ тунă доклада вĕренме пуçланă.

И. В. Сталин юлташăн «ССР Союзĕнчи социализмăн экономикăллă проблемисем» ятлă произведенине вĕренме парти активĕ валли семинар организациленĕ. Унта халлĕхе икĕ заняти ирттернĕ. Семинара КПСС райкомĕн секретарĕ Прокопьев юлташ ертсе пырать.

И. В. Сталин юлташăн çĕнĕ произведенине пропагандăлас тĕлĕшпе КПСС райкомĕн лекторсен ушкăнĕ пысăк ĕç тăвать. Юлашки тăватă уйăх хушшинче райком лекторĕсем парти, совет, профсоюз, комсомол активĕ тата районти ĕççыннисем валли 42 лекци ирттернĕ.

Анчах уйрăм парторганизацисенче, сăмахран, Шупашкар районĕнчи парторганизацире, чылай кружоксемпе политшкулсем халĕ те съезд материалĕсене вĕренме тытăнман. Парти райкомĕ вĕренÿ планĕ тăрăх пропагандистсемпе семинарсем ирттерес ĕç çине кирлĕ пек пăхман. Райком ирттернĕ семинарсенче нумай кружоксемпе политшкул руководителĕсем пулман, çавăн пирки вĕсем занятисенче ăнлантарса памалли теориллĕ тĕп ыйтусене, çавăн пекех методикăна тарăнăн пĕлмеççĕ.

Сĕнтĕрвăрри районĕнчи уйрăм кружоксемпе политшкулсенче занятисем начар ирттереççĕ. Сăмахран, райсовет исполкомĕн финанс пайĕнчи кружокра вĕренекенсем занятисене хатĕрленмесĕр пыраççĕ, конспектсем çырмаççĕ. Г. Маленков юлташ докладĕн пĕрремĕш сыпăкне вĕреннĕ хыççăн, кружока çÿрекенсемпе калаçу ирттернĕ. Анчах вĕренекенсенчен пысăкрах пайĕ пĕр ыйтăва та тĕплĕн çутатса параймарĕ.

Харпăр хăй тĕллĕн вĕренекен чылай коммунистсем съезд материалĕсене тата И. В. Сталин юлташ произведенине тарăнăн вĕренме халĕ те тытăнман. Пуçламăш парторганизацисемпе консультантсем çак ĕçе йĕркелесе яма тăрăшмаççĕ, харпăр хăй тĕллĕн вĕренекен юлташсен ĕçне тĕрĕслемеççĕ тата вĕренÿре вăхăтра пулăшу памаççĕ.

Хуласемпе районсенчи хаçатсен те хăйсен çитменлĕхĕсене хăвăртрах пĕтерме тăрăшмалла. Халĕ вĕсем политшкулсемпе кружоксен тата харпăр хăй тĕллĕн вĕренекенсен ĕçне çителĕксĕр çутатаççĕ. Сăмахран, Ишлей районĕнчи «Колхозник хаçачĕ» кăçал малтанхи пилĕк номерте съезд материалĕсене вĕренес ĕç кружоксемпе политшкулсенче мĕнле пулса пыни çинчен пĕр сăмах та çырмарĕ.

КПСС райкомĕсемпе хула комитечĕсен съезд материалĕсене, съездра И. В. Сталин юлташ каланă сăмаха тата унăн «ССР Союзĕнчи социализмăн экономикăллă проблемисем» ятлă произведенине вĕренессине организацилес ĕçри çитменлĕхсене халех пĕтермелле. Çав историллĕ документсене тарăнăн вĕренме кадрсем, коммунистсем тата ĕççыннисен анлă масси валли мĕн кирлĕ, çавсене пĕтĕмпех тăвас пулать.

Пропагандистсемпе тата консультантсемпе ĕçлес ыйту çине уйрăмах тимлĕ пăхни кирлĕ. Вĕсене занятисемпе консультацисем ирттерме теориллĕ тата методикăллă пулăшу парас пулать. Кружоксемпе шкулсен руководителĕсем, консультантсем хăйсем тĕплĕн хатĕрленсен кăна занятисене идейăпа политика тĕлĕшĕнчен çÿлĕ пусăмра ирттерме, вĕренÿ материалне коммунизм строительствинчи практикăллă задачăсемпе тачă çыхăнтарма пултараççĕ. Кунпа пĕрлех парти комитечĕсен политшкулсен, кружоксен ĕçĕпе куллен интересленмелле, съезд материалĕсене тата И. В. Сталин юлташ произведенине вĕренес ĕç мĕнле пулса пыни çинчен райкомсемпе хула комитечĕсен бюровĕсемпе пленумĕсенче, парти пухăвĕсенче сÿтсе явмалла.

Съезд материалĕсемпе И. В. Сталин юлташăн «ССР Союзĕнчи социализмăн экономикăллă проблемисем» ятлă произведенине пропагандăлани парторганизацисен идейăллă пурнăçне вăйлатать. Çавна май ĕççыннисен политикăллă тата производствăллă активлăхĕпе пуçарулăхĕ те ытларах ÿсет.

Д. АБАШЕВ.

---

# Партин XIX-мĕш съезчĕн материалĕсене вĕренеççĕ

ПЕРВОМАЙСКИ. Çĕньялти ĕççыннисене Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн XIX-мĕш съезчĕн материалĕсене ăнлантарса парас ĕç куллен вăйланса пырать. Ялта тăватă кружок ĕçлет. Вĕсенче парти тата комсомол членĕсем, колхозри ертсе пыракан кадрсем, партире тăман актив съезд материалĕсене вĕренеççĕ.

И. В. Сталин юлташăн «ССР Союзĕнчи социализмăн экономикăллă проблемисем» ятлă генилле çĕнĕ произведенине вĕренме учительсем валли уйрăм кружок тунă. Унта пурĕ 11 учитель вĕренет.

Съезд материалĕсем тăрăх колхозниксем валли докладсемпе лекцисем ирттереççĕ. Çак ĕçе туса пыма кашни бригада çумне пропагандистсем уйăрса çирĕплетнĕ.

Суйлав кампанийĕ пуçлансан, съезд решенийĕсене пропагандăлас ĕç тата та анлăрах сарăлчĕ. Суйлав округĕсенче пурĕ 38 агитатор ĕçлет. Вĕсем Сталинла Конституципе суйлав Положенийĕ çинчен ăнлантарса панипе пĕрлех, съезд материалĕсем тăрăх калаçусем ирттереççĕ.

Агитаторсемпе кашни 10 кунта пĕрер семинар е канашлу пулать. Унта агитаторсем парти съезчĕн материалĕсем çинчен, Сталинла Конституципе суйлав Положенийĕ çинчен докладсемпе лекцисем итлеççĕ.

В. АНТОНОВ.

* * *

КУСЛАВККА. Варасăрти лекторсен ушкăнĕ 18 çынна пĕрлештерсе тăрать. Лекторсен ушкăнне çичĕ çул вĕренмелли шкул директорĕ Н. Сорокин юлташ ертсе пырать.

Иртнĕ çулта лекторсен ушкăнĕ колхозниксем валли 52 лекци тата нумай калаçусемпе докладсем ирттерчĕ. Партин XIX-мĕш съезчĕ хыççăн лекторсен ушкăнĕ ятарласа тунă план тăрăх ĕçлеме пуçларĕ. Юлашки кунсенче Н. Сорокин юлташ «Совет Союзĕн 1952 çулхи çитĕнĕвĕсем тата умра тăракан задачăсем» тема тăрăх лекци вуласа пачĕ. Клуба пухăннă колхозниксем лектора ыйтусем нумай пачĕç.

Ф. Федорова юлташ ирттерекен лекцисене те колхозниксем ăшă кăмăлпа итлеççĕ. «Социализмлă ялхуçалăхĕ çĕнĕ пилĕкçуллăхра», «Партипе правительство совет халăхĕн пурнăçне лайăхлатассишĕн тата культурине ÿстерессишĕн» темăсем тăрăх ирттернĕ лекцисем ăнăçлă пулчĕç.

Колхозри агитаторсем, лекторсемпе докладчиксем партин XIX-мĕш съезчĕн решенийĕсемпе материалĕсене ăнлантарса парас ĕçе умра тăракан хуçалăхла-политикăллă задачăсемпе çыхăнтараççĕ.

И. МИРОНОВ.

---

# СССР Ют çĕршыв ĕçĕсен Министерствинче

1952 çулхи октябрĕн 29-мĕшĕнче Данин Ют çĕршыв ĕçĕсен министрĕ О. Б. Крафт ССР Союзĕн Вăхăтлăх Поверенăйне Асра тытмалли Çыру панă. Унта СССР Правительстви 1952 çулхи октябрĕн 1-мĕшĕнче тунă заявлени пирки Дани правительствин ответне каласа панă. СССР Правительстви 1952 çулхи октябрĕн 1-мĕшĕнче Дани правительстви мирлĕ вăхăтра ют çĕршывсен—агрессиллĕ Атлантика союзĕн членĕсен хĕçпăшаллă вăйĕсене Дани территорийĕнче вырнаçма ирĕк пама шутлани пирки заявлени тунă пулнă.

Дани правительстви хăйĕн ответĕнче çапла калать: Çурçĕр Атлантика пакчĕ оборона тĕллевĕ тытать, вăл Совет Союзне хирĕç пымасть, Дани правительстви хăй СССР тĕлĕшпе шантарса каланисене тата обязательствисене нихăçан те пăсман имĕш. Дани правительстви Совет Союзĕн Правительствипе лайăх, туслă çыхăнусем тытасшăн, вăл мĕнле те пулин урăх государство çине тапăнма Дани территорийĕпе усă курма нихçан та ирĕк парас çук, тесе çирĕплетсе каланă Асра тытмалли Çырура.

Дани правительстви октябрĕн 29-мĕшĕнче панă Асра тытмалли Çырăвĕнче тата çапла калать: мирлĕ вăхăтра ют çĕршывсен хĕçпăшаллă вăйĕсене Дани территорийĕнче вырнаçтарас ыйту пирки унăн позицине Данири хаçатсем тата Данири обществăллă ушкăнсем пĕр шухăш-кăмăллă пулса ырлаççĕ имĕш.

Кăçалхи январĕн 28-мĕшĕнче СССР Ют çĕршыв Ĕçĕсен Министрĕ А. Я. Вышинский Данин вăхăтлăх Поверенăйне Г. Ларсен господина йышăннă та ăна çакăн пек çырнă Асра тытмалли Çыру панă:

«Дани Правительстви 1952 çулхи октябрĕн 29-мĕшĕнче панă Асра тытмалли Çыру пирки Совет Правительстви çапла калама кирлĕ тесе шутлать: Дани Правительстви ют çĕршывсен хĕçпăшаллă вăйĕсене Дани территорийĕнче çар базисем парасси çинчен тăракан ыйту тăрăх панă ответа çителĕклĕ тесе йышăнма май çук.

1. Асăннă Асра тытмалли Çырура Дани Правительстви çапла калать: Çурçĕр Атлантика блокне оборона тĕллевĕсемпе тунă пулать. Анчах та çакăн пек калани пачах тĕрĕс мар. Çурçĕр Атлантика блокĕн организаторĕсем оборона задачисем çинчен каласса хăйсен агрессиллĕ планĕсемпе шухăшĕсене кăна пытарнине нумай фактсем кăтартса параççĕ. Çакăн çинчен Совет Правительстви Çурçĕр Атлантика договорĕ çинчен 1949 çулхи мартăн 31-мĕшĕнче çырнă хăйĕн Меморандумĕнчех асăрхаттарнăччĕ, унта çапла кăтартса панăччĕ: Çурçĕр Атлантика блокĕ уйрăм державăсен ушкăнĕ пулса тăрать, вăл СССР-па халăх демократи çĕршывĕсене хирĕç вăрçа хатĕрленес тĕллев тытать.

Çурçĕр Атлантика блокне хутшăнакан çĕршывсем çар енĕпе пысăк ĕçсем туса ирттерни: хăйсен çĕршывĕсенчи экономикăна вăрçă валли ĕçлеттермелле туни, çар бюджечĕсене ÿстерни, хĕçпăшаллă вăйсемпе хĕçпăшалсене нумайлатни, Америка командованине пăхăнса тăракан Атлантика çарне туни, Атлантика блокĕнчи çĕршывсен территорийĕсенче Америкăн хальхи çар, сывлăш-çар тата тинĕс-çар базисене пысăклатни тата çĕнĕрен туни, атомлă хĕçпăшалпа усă курма хатĕрленни тата ытти те Çурçĕр Атлантика блокĕн агрессиллĕ тĕллевне кăтартса параççĕ.

Кунта уйрăмах çакă палăрса тăрать: Америка командованийĕ ертсе пынипе çĕнĕрен тăвакан нумай базăсене Совет Союзĕпе халăх демократи çĕршывĕсен чиккисем сывăхĕнче вырнаçтараççĕ.

Çурçĕр Атлантика блокне, паллă ĕнтĕ, Хĕвеланăç Германири тепĕр хут тăвакан çара, гитлерла генералсем-реваншистсем пуç пулса тăракан çара хутшăнтараççĕ. Çакна май, Хĕвеланăç Германири çынсемпе тата материальнăй ресурссемпе çав блокăн агрессиллĕ тĕллевĕсем валли усă курас шутпа, США, Англи тата Франци правительствисем Бонн правительствипе çар союзĕ турĕç. Хĕвеланăç Германири реваншистла çара Çурçĕр Атлантика блокне кĕртни çак çар ушкăнĕн агрессиллĕ тĕллевĕсене тата уççăнрах палăртать.

Çурçĕр Атлантика договорĕнче вăрттăн статьясем пурри çинчен çав блока хутшăнакан çĕршывсен официальнăй представителĕсен те йышăнма тиврĕ. Договорта вăрттăн статьясем пулни те унăн агрессиллĕ тĕллевĕсене çирĕплетсе парать.

Çурçĕр Атлантика договорĕ пирки Совет Правительстви хăйĕн маларах асăннă Меморандумĕнче: çав договора оборона тĕллевĕсемпе тунă тесе калани тĕрĕс мар, тесе кăтартса панăччĕ, Çурçĕр Атлантика блокĕн агрессиллĕ тĕллевĕсене пĕтĕмпех тăрă шыв çине кăларнăччĕ. Унтанпа иртнĕ вăхăт хушшинче Çурçĕр Атлантика ушкăнĕн агрессиллĕ ĕçĕсем тата ытларах вăйланчĕç, çав блока организацилекенĕн тата хавхалантаракансен—Америкăри Пĕрлешÿллĕ Штатсен агрессиллĕ планĕсемпе шухăшĕсем тата уççăнрах палăрчĕç. Америкăри Пĕрлешÿллĕ Штатсем çак блока кĕрекен ытти çĕршывсене хуçса тăраççĕ. Çав çĕршывсем Америка базисем тата вăрçă плацдармĕсем валли хăйсен территорийĕсене параççĕ, çапла вара, вăрçă ĕçĕсем пуçланас-мĕн пулсан, хăйсен çĕршывĕсемшĕн хăрушлăх туса хураççĕ.

США правительстви тунă Çурçĕр Атлантика вăрçă блокĕ халăхсен—çирĕп миршĕн тăракан халăхсен шухăш-ирĕкне шута илмест. Вăл блока Америкăри Пĕрлешÿллĕ Штатсене тата агрессиллĕ ытти государствăсене пĕтĕм тĕнчере пуç пулса тăма май туса парас тĕллевпе организациленĕ. Империалистла тата халăха хирĕçле çав тĕллевсене мирлĕ майпа пурнăçлама май çуккине пĕлсе тăрса, державăсен Америкăпа Англи ертсе пыракан ушкăнĕ уççăнах çĕнĕ вăрçа, тĕнчери виççĕмĕш вăрçа пуçласа яма хатĕрленет. Пĕр правительство та, вăл хăйĕн халăхне улталама шутламасть пулсан, çак паллă факта тунма пултараймасть.

2. 1952 çулхи октябрĕн 29-мĕшĕнче панă Асра тытмалли Çырура Дани Правительстви çапла шантарса калать: вăл «Совет Союзĕн Правительствипе лайăх тата туслă çыхăнусем тытасшăн» тата вăл мĕнле те пулин урăх государство çине тапăнма усă курма Дани территорине нихçан та парас çук, тет. Дани Правительстви ĕлĕкрех те çавăн пек шантарса каланăччĕ.

1949 çулхи майăн 4-мĕшĕнче панă нотăра вăл çапла каланăччĕ: «Агрессиллĕ тĕллев тытакан политика çумне Дани хутшăнас çук. Çавăнпа мĕнле те пулин государствăна хирĕç тунă пакта, Совет Союзне хирĕç тунă пакта та, паллах, пурнăçлама е пакта çавăн пек ăнлантарса пама килĕшес çук. Дани тахçантанпах Совет Союзĕпе мирлĕ те туслă çыхăнусем тытса тăрать».

Анчах та фактсем çакна кăтартса параççĕ: Çурçĕр Атлантика блокĕ çумне пĕрлешсе, Дани Правительстви çĕнĕ вăрçа хатĕрленес тĕлĕшпе тăвакан ĕçсене пурнăçланă çĕре хутшăнать, Дани территорине Америкăпа Англин çар базисем валли парать. Çапла вăл Совет Союзне хирĕç тунă пакта хутшăнас çук тесе шантарса каланине пăсать. Çавăн пек шантарса каланă пулин те, Дани, агрессиллĕ Çурçĕр Атлантика блокĕпе пĕрлешнипе, империалистсем Совет Союзне хирĕç тата халăх демократи çĕршывĕсене хирĕç тунă плансене пурнăçланă çĕре ытларах та ытларах хутшăнать. Паллах, халăха хирĕçле çав плансем Дани халăхĕшĕн, çавăн пекех мире юратакан ытти мĕнпур халăхсемшĕн, пачах ют. Халĕ хăйĕн территорине агрессиллĕ Çурçĕр Атлантикăн çар базисене тума парса, Дани çĕнĕ вăрçа, ССР Союзĕпе халăх демократи çĕршывĕсене хирĕç вăрçа хатĕрленнĕ çĕре тÿрремĕнех хутшăнать.

3. Агрессиллĕ тĕллев тытакан, ССР Союзне хирĕç ĕçсем тăвакан Çурçĕр Атлантика блокĕнчи ют çĕршыв çарĕсене Данире вырнаçма ирĕк парса, Дани правительстви хăй 1946 çулта ют çĕршыв çарĕсене Дани территорине кĕртес мар пирки йышăннă позицирен уççăнах каялла чакать. 1946 çулта Борнхольм утравĕ çинче, ют çĕршыв çарĕсене хутшăнтармасăрах, Дани администрацине тăвасси çинчен ыйту тăнă чухне Дани Правительстви ют çĕршыв çарĕсене Дани территорийĕ çине кĕртмелле мар тесе позици йышăннăччĕ.

Совет Правительстви Дани Правительствине çакăн çинчен асăрхаттарма кирлĕ тесе шутлать: Дани территорийĕ çинчи çар базисене мирлĕ вăхăтра ют çĕршывсен хĕçпăшаллă вăйĕсене пани Данин хăйĕн интересĕсемпе килĕшсе тăмасть, мĕншĕн тесен çавăн пек туни унăн хăрушсăрлăхĕпе никама пăхăнманлăхĕшĕн хăрушлăх туса хурать.

4. Дани Правительстви октябрĕн 29-мĕшĕнче панă Асра тытмалли Çырура çапла çирĕплетсе калать: вăл Дани территорийĕ çинче мирлĕ вăхăтра ют çĕршыв çарĕсене вырнаçтарасси пирки йышăннă позицине Данири хаçатсем тата Данири обществăллă ушкăнсем пĕр шухăш-кăмăллă пулса ырлаççĕ.

Ун пек çирĕплетсе калама сăлтав çук. Политикăллă чылай партисенчен фолькетинга суйланă депутатсем фолькетингăн октябрĕн 31-мĕшĕнче пулнă ларăвĕнче правительство çар базисене ют çĕршывсен хĕçпăшаллă вăйĕсене парас политика тытса пынине критикленĕ. Данири тĕрлĕ обществăллă ушкăнсен представителĕсен — политикăллă партисен, профессиллĕ союзсен тата ытти обществăллă организацисен руководителĕсен — Данири хаçатсенче пичетленсе тухнă заявленийĕсенчен çакă уççăн курăнать: Дани халăхĕн пысăкрах пайĕ Америкăн çар базисене тума Дани территорине панине хирĕç тăрать.

Данири политика тĕлĕшĕнчен тĕрлĕ шухăшлакан хаçатсем нумай çырни те çавна çирĕплетсе парать. Акă, «Политикен» хаçат, Данире чи нумай сарăлакан хаçатсенчен пĕри, 1952 çулхи ноябрĕн 1-мĕшĕнче çапла çырнă: «Пирĕн çĕршыври шухăш-кăмăла пĕлекен çынсенчен нихăшĕ те халăхăн пысăкрах пайĕ ют çĕршыв çарĕсене вырнаçтарассине хирĕç тăни пирки иккĕленмест».

Дани территорине ют çĕршывсем валли çар базисем тума панине хирĕçлесе каласа, Данире тухакан «Миддельфарт венстреблад» хаçат 1952 çулхи ноябрь уйăхĕн вĕçĕнче çапла çырнă: «Дани Çурçĕр Атлантика блокĕ çумне хăйĕн территорийĕне хăйĕн çыннисене пысăк вăрçă вăрçма парас тесе пĕрлешмен пулĕ. Пирĕн çĕршывра никама та пысăк вăрçă кирлĕ мар... Правительство çирĕп позици йышăнтăр тата ун пек тума пачах ан килĕштĕр тесе, пĕтĕм Дани халăхĕ правительство умне требовани лартĕ тесе шутламалла».

Радикалсен партийĕнчен фолькетинга суйланă депутат Карл Скютте 1952 çулхи сентябрĕн пуçламăшĕнче Оттерупăра çапла тухса каланă: «Дани территорийĕ çинче ют çĕршывсен çар базисене туни Данишĕн пысăк хăрушлăх пулса тăрать. Халăхăн пысăкрах пайĕ çакăн пек калама кирлĕ тесе шутлать: эпир ун пек тăвасшăн мар!».

Социал-демократсен партийĕн паллă членĕ Иорген Дик профессор 1952 çулхи сентябрĕн 17-мĕшĕнче çапла каланă: Хĕвеланăç Германие тепĕр хут хĕçпăшаллантарни, пĕрлĕхлĕ çар командованийĕ туни тата ют çĕршывсен çарĕсене Дани территорийĕнче вырнаçтарни Данин ларутăрăвне начарлатать.

Данири анлă обществăллă ушкăнсем çавăн пек каланисем тата Данири хаçатсем çырнисем Дани Правительстви нотăра çирĕплетсе каланине хирĕçлеççĕ. Дани Правительстви çапла калать: вăл Дани территорине Америкăн çар базисене тума пама килĕшнине Дани халăхĕ ырлать имĕш. Çавăн пек калани Дани правительствине, паллах, Данирен Америкăн хĕçпăшаллă вăйĕсен çар бази туса хурас политика тытса пынине тÿрре кăларма, çавăн пек политика Данине мĕн тери хăрушлăх кÿнине пытарма хăтланма кирлĕ пулнă.

5. 1949 çулта Çурçĕр Атлантика блокне кĕрсе, Дани Правительстви Данине агрессиллĕ çар ушкăнĕн, оборона тĕллевпе мар, тĕнчери çĕнĕ вăрçа хатĕрленес тĕллевпе йĕркеленĕ ушкăнăн участникĕ туса хучĕ. Çакă паллă пулмалла ĕнтĕ.

Халĕ ют çĕршыв çарĕсене мирлĕ вăхăтра Дани территорийĕ çинче вырнаçтарма килĕшсе, Дани Правительстви Данине Совет Союзне хирĕç тата халăх демократи çĕршывĕсене хирĕç вăрçа хатĕрленме тÿрремĕнех хутшăнакан çĕршыв туса хурать.

Совет Правительстви Дани Правительствин çавăн пек ĕçĕсене асăрхамасăр тăма пултараймасть.

Çавăн пек ĕçсем туни Совет Союзĕн тата Балти тинĕсĕ районĕнчи ытти çĕршывсен хăрушсăрлăхне хăратакан ĕç пулать, ун çинчен Совет Правительстви 1952 çулхи октябрĕн 1-мĕшĕнче тунă заявленире кăтартса панăччĕ ĕнтĕ. Çавăн евĕрлĕ ĕçсем пирки пулса тухма пултаракан ĕçсемшĕн пĕтĕмĕшпех Дани Правительстви ответлă пулса тăрать».

---

## Куйбышев гидроэлектростанцийĕн котлованĕнче

ЖИГУЛЕВСК (Куйбышев облаçĕ). Куйбышев гидроэлектростанцийĕн строительство площадкисенче ĕç куллен-кун сарăлса пырать. Гидроэлектростанци çурчĕ пулмалли вырăнти котлован — строительствăри чи пысăк производство участокĕ. Котлованран 5 миллион кубометр ытла тăпра чавса кăларнă. Халĕ ĕнтĕ котлован тарăнăшĕ 30 метр ытла. Кунта çĕр чавакан вуншар машинăсем—экскаваторсем, бульдозерсем, скреперсем кунĕн-çĕрĕн ĕçлеççĕ. Котлован тĕпĕнче вуншар тонна тиемелли самосвалсем çÿреççĕ.

Котлован чавакан механизаторсем ĕçе срокчен туса пĕтерессишĕн ăмăртса ĕçлеççĕ. Çак уйăхра экскаваторсен экипажĕсем 300 пин кубометра яхăн тăпра чавса, самосвалсем çине тиенĕ. Ăмăртура «Уралец» экскаваторпа ĕçлекенсен Социализмлă Ĕç Геройĕ Иван Ермоленко ертсе пыракан коллективĕ мала тухнă. Унăн экипажĕ январĕн 27-мĕшĕ тĕлне 50 пин кубометр тăпра чавса кăларнă, норма тăрăх 35 пин кубометр тăпра чавса кăлармалла пулнă. (ТАСС).

## Тянь-шань сăрчĕсем çинче

РЫБАЧЬЕ (Иссык-Куль облаçĕ). Тянь-шань сăрчĕсем çинчи Орто-Токой текен тарăн варта Киргизири питĕ пысăк водохранилище тăваççĕ. Водохранилище тунă çĕрте ĕçлекенсем февраль шучĕпе ĕçлеççĕ.

Сăртсем çинче талăкĕпех моторсем, экскаваторсем, самосвалсем ĕçленĕ сасă илтĕнсе тăрать. Сăрт çинчен кĕрлесе юхса анакан Чу юханшывăн çулне улăштарма туннель чаваççĕ. Туннель чавас ĕçе çуррине яхăн тунă. Кăçал ăна чавса пĕтереççĕ, вара Чу юханшывĕ хăйĕн çулне улăштарать. Тарăн вара пĕвелесе лартма питĕ пысăк плотина тăваççĕ. Плотина çÿлĕшĕ 50 метр ытла пулать.

Водохранилище тунă çĕрте ĕçлеме хăватлă техника — экскаваторсем, гусеницăллă тракторсем, бульдозерсем, скреперсем халĕ те нумай илсе пыраççĕ.

(ТАСС).

## Ĕç тухăçлăхне ÿстермелли стахановла план

Пысăк кĕнеке хуплашки çине ылтăн саспаллисемпе — «1953 çулта ĕç тухăçлăхне ÿстермелли стахановла план», тесе çырса хунă. Çак кĕнекере Мускаври «Каучук» завод коллективĕ производствăна лайăхлатас, продукци ытларах туса кăларас тĕлĕшпе мĕн тумаллине пĕтĕмпех кăтартса панă.

Стахановла план тăрăх çĕнĕ техникăна ĕçе кĕртес, технологие çĕнетес тата ĕç условийĕсене лайăхлатас тĕлĕшпе 520 ĕç тумалла. Çак ĕçсене пĕтĕмпех кăçал пурнăçламалла.

Кăçалхи çул заводра ĕç тухăçлăхне ÿстермелли план тăвас ĕçе малтанхи хут стахановецсен йышлă массисене хутшăнтарнă.

(ТАСС).

## Нефть кăлармалли çĕнĕ вырăнсем

КОКАНД (Фергана облаçĕ), январĕн 27-мĕшĕ. (ТАСС). «Ходжибад» ятлă промыслара çĕнĕрен шăтарнă 408-мĕш номерлĕ шăтăкран нефть вăйлăн тапса тухма пуçланă. Çапла кăçал «Средазнефть» пĕрлештерсе тăракан промыслăсенче нефть кăлармалли 6-мĕш çĕнĕ шăтăк ĕçе кĕнĕ.

# Коммунистсемпе партире тăманнисен сталинла блокĕн кандидачĕсем

* * *

## Хастарлă механизатор

Чкаловски МТС-ĕнчи 11-мĕш трактор бригади бригадирĕн Алексей Александрович Михайлов юлташăн ятне МТС-ри трактористсем, рабочисемпе служащисем ялсем ырă кăмăлпа асăнаççĕ. Вăл хăйĕн ĕçри хастарлăхĕпе районта çеç мар, республикăра та чапа тухрĕ.

Михайлов юлташ 1911 çулта Пăлăм Патăрьел ялĕнче, вăтам хресчен çемйинче çуралнă. 1930 çулта хăйĕн çемйипе колхоза кĕнĕ. 1933 çулта ăна уй-хир бригадин бригадирĕ пулма уйăраççĕ. Алексей Александрович бригада членĕсем шанса панă ĕçе тимлĕ тума пуçлать, часах бригада колхозра малти вырăна тухать.

1935 çулта Михайлов юлташа колхоз правленийĕ трактористсен курсне вĕренме ярать. Курсран ăнăçлă вĕренсе тухнă хыççăн Алексей Александрович тракторист пулса ĕçлеме тытăнать. Тракторист хăйĕн ĕçне тăрăшса туса пырать. Виçĕ çул иртнĕ хыççăн Алексей Александрович икĕ çул хушши Канашри механизаци шкулĕнче вĕренет. Унтан Первомайски МТС-ĕнче механик пулса ĕçлет. Анчах Михайлов юлташа кунта нумай ĕçлеме май килмен. 1941 çулхи июль уйăхĕнче вăл фронта тухса каять, нимĕç захватчикĕсене хирĕç паттăррăн çапăçать. Тăван çĕршыва ирсĕр тăшмансенчен Мускав, Сталинград, Курск хулисем патĕнчи çапăçусенче хÿтĕлет. Хаяр çапăçусенче вăл икĕ хутчен аманнă.

Михайлов юлташ фронтра тăшмана хирĕç мĕнле çапăçнине унăн кăкăрĕ çинче çутăлса тăракан «Хĕрлĕ Çăлтăр» орденĕ, «Хăюлăхшăн», «Çапăçури тава тивĕçлĕ ĕçсемшĕн», «Мускава хÿтĕленĕшĕн», «Сталинграда хÿтĕленĕшĕн», «Варшава хулине ирĕке кăларнăшăн», «1941—1945 çулсенче Аслă Отечественнăй вăрçăра Германие çĕнтернĕшĕн» медальсем лайăх кăтартса параççĕ.

1946 çулта, çартан демобилизаци йĕркипе таврăнсан, Михайлов юлташ Чкаловски МТС-ĕнче бригадир пулса ĕçлеме тытăнать. Вăл ертсе пыракан бригада тракторпа тумалли ĕçсен планĕсене çулсеренех иртерсе тултарать.

Бригада 1952 çулта тракторсемпе тумалли ĕçсен планне 162,3 процент тултарчĕ. МТС-ра малти вырăна тухрĕ, тракторсене техника тĕлĕшĕнчен пăхас тата юсас ĕçре 6.181 тенкĕ укçа, 10 процент горючи перекетлесе хăварчĕ.

Халĕ бригадăра хĕрÿ ĕç пырать. Механизаторсем пиккенсе çитес çуракине хатĕрленеççĕ, суйлав кунĕ тĕлне тракторсене юсамалли плана тултарассишĕн ăмăртса ĕçлеççĕ.

Михайлов юлташăн Тăван çĕршыв умĕнчи паттăрла ĕçĕсене Совет правительстви пысăка хурса хакларĕ. Ăна Чăваш АССР-ĕн 30 çул тултарнă ятпа «Ĕçри хастарлăхшăн» медальпе наградăланă.

Пăлăм Патăрьелĕнчи граждансем суйлав умĕнхи пухăвĕнче, пурте пĕр сасăллă пулса, 29-мĕш номерлĕ суйлав округĕ тăрăх район Советне депутата суйлама хастарлă механизатора, Алексей Александрович Михайлов юлташа, кандидата тăратрĕç.

Алексей Александрович Михайлов—коммунист, пултарулă та ывăнма пĕлмен работник, активлă общественник. Вăл иртнĕ суйлавра та депутата суйланса хăйĕн ĕçне тăрăшса туса пычĕ, халĕ те халăх шанса панă пысăк ĕçе тăрăшса туса пырĕ, халăх шанăçне тÿрре кăларĕ.

И. МЕШКОВ.

## Рабочисен представителĕсем

КУСЛАВККА. (Телефонпа). Çуртсем тăвакан заводри рабочисемпе служащисен, инженерсемпе техниксен суйлав умĕнхи пухăвĕ пысăк çĕкленÿпе иртрĕ. Заводра ĕçлекенсем, пĕр шухăш-кăмăллă пулса, хăйсен чи лайăх çыннисене Куславкка поселок советне депутата суйлама кандидата тăратрĕç. Завод коллективĕ сĕннĕ кандидатсем хушшинче—заводри партбюро секретарĕ Н. Григорьева, ЖКО начальникĕ, ватă коммунист Д. Липатов, çуртсем тăвакан цех мастерĕ Г. Михеев, заводăн главнăй электрикĕ П. Дальнов, шофер А. Васильев, рабочи П. В. Яичников тата ыттисем те пур.

* * *

Шăнчас хĕрачи Н. Белова завода икĕ çул каялла килсе кĕнĕ. Заводри мастерсем ăна çĕнĕ техникăпа ĕçлеме вĕрентнĕ. Халĕ вăл столярнăй цехри чаплă станочница. Техникăна вĕренсе алла илнĕ Белова юлташ сменăри нормăна 250 процент таран тултарать. Вырăнти Советсен суйлавĕ ячĕпе стахановла вахтăна тăрса, вăл ĕçри хастарлăха тата ытларах ÿстерчĕ.

Заводри рабочисем хăйсен чи лайăх станочницине Н. Белова юлташа поселок Советне депутата суйлама кандидата тăратрĕç.

Антонина Ельникова комсомолка экспедиципе транспорт цехĕнче грузчицăра ĕçленĕ. Ĕçре лайăх тĕслĕх кăтартнине кура, ăна халĕ контролер пулса ĕçлеме куçарнă. Ельникова юлташ — поселок Советне 28-мĕш суйлав округĕ тăрăх суйлама тăратнă кандидат.

Округсенчи суйлав комиссийĕсем завод коллективĕ тăратнă кандидатсене пурне те регистрациленĕ.

Т. ИВАНОВ.

## Колхоз председателĕ

Федор Евдокимович Сапаркин юлташ 15 çул хушши ĕнтĕ пĕр улшăнмасăр «Хĕрлĕ Кĕтне» колхоз председателĕ пулса ĕçлет. Колхоза районта тата республикăра мала кăларнă колхоз председательне Кÿршĕри Сталин ячĕпе тăракан колхоз членĕсем Вăрмар район Советне депутата суйлама кандидата тăратрĕç. Çавăн пекех ăна «Хĕрлĕ Кĕтне» колхоз членĕсем Тикаш ял Советне депутата суйлама кандидата тăратма йышăнчĕç.

«Хĕрлĕ Кĕтне» колхозăн анлă улăхĕ тăрăх, букăр-макăр авкаланса, Кĕтне шывĕ юхать. 1938 çулта, хăйне колхоз председательне суйланă хыççăн, Сапаркин юлташ Кĕтне шывĕпе колхоз хуçалăхне тĕреклетме усă курас тесе шут тытнă.

Анчах пысăк ĕçе çийĕнчех пурнăçлама çук. Ăна тума тĕплĕн хатĕрленмелле. Сапаркин юлташпа колхозниксен пысăк ĕмĕчĕ пурнăçланасси пĕр вăхăта татăлать. Нимĕç фашисчĕсем пирĕн Тăван çĕршыв çине вăрçăпа тапăнсан, пĕтĕм совет çыннисемпе пĕрле, çак ялти колхозниксем те, Сапаркин юлташ та Тăван çĕршыва хÿтĕлеме каяççĕ. Алла винтовка тытса, Сапаркин юлташ Калинински фронтра тăшмана хирĕç хастарлă çапăçать. Аманнă хыççăн, 1943 çулта кĕркунне вăл тăван колхоза таврăнать. Пĕтĕм ĕçе, пĕтĕм вăя—фронта пулăшма!—çак лозунгпа ĕçлеме мобилизацилесе ертсе пынă ун чухне Федор Евдокимович колхоз çыннисене.

Вăрçă пĕтнĕ хыççăн, партин Центральнăй Комитечĕн февральти пленумĕн решенийĕсемпе хавхаланса, «Хĕрлĕ Кĕтне» колхоз членĕсем тырпул тухăçлăхне ÿстерсе, обществăллă выльăх-чĕрлĕх йышĕпе тухăçлăхне хăпартса пыраççĕ. Ялхуçалăх артелĕн сталинла Уставне тимлĕн пурнăçласа пынипе колхоз тĕреклене, вăйланса пырать, унăн тупăшĕ ÿсет. Çакă вара колхозниксене вăрçăччен ырă ĕмĕтне пурнăçлама—Кĕтне çинче гидроэлектростанци тума май пачĕ.

Колхоз çулсеренех кашни гектартан 15—20 центнертан кая мар тĕштырă туса илет. Вăйлă тырпул туса илнĕшĕн Сапаркин юлташа Правительство Ĕçлĕх Хĕрлĕ Ялав орденĕ, Хисеп палли орденĕ парса наградăланă. Çавăн пекех тырпул тухăçлăхĕпе выльăх-чĕрлĕх йышне ÿстернĕшĕн колхозри 7 çынна орденсемпе медальсем панă.

Колхоз обществăллă выльăх-чĕрлĕх ĕрчетмелли плана иртерсе тултарнă. Выльăх-чĕрлĕх валли çĕнĕ витесем туса лартнă, выльăх апачĕн çирĕп никĕсне туса хунă. Витесенче ĕçе пĕтĕмпех механизацилесе çитернĕ.

Ял çине кас сĕмлĕхĕ килме пуçласанах, Кĕтне çинче Ильич лампочкисем çап-çутă йăлтăртатма тытăнаççĕ. Вĕсене ял çыннисем коммунизм çуттисем тесе калаççĕ. Гидроэлектростанцирен проводсем тăрăх электричество энергийĕ колхоза килет. Электростанци колхоза çулсеренех çĕр пин тенкĕ ытла тупăш парать. Кашни колхозник килĕнче Ильич лампочки, радио пур. Электричество энергийĕпе колхозра ĕне сăваççĕ, сурăх çăмне илеççĕ, выльăх апачĕ хатĕрлеççĕ, авăн çапаççĕ, арман авăртаççĕ... 1952 çулта электричество вăйĕпе ялта водопровод ĕçлеме тытăнчĕ.

Колхоз юлашки çулсенче, гидроэлектростанцисĕр пуçне, клуб, правлени çуртĕ, шкул çуртĕ, радиоузел, 2 çăм арманĕ, ферма çурчĕсем туса лартрĕ, 3 автомашина тата ытти ялхуçалăх машинисем чылай туянчĕ. Вырăнти Советсен иртнĕ суйлавĕ хыççăн кăна шкул çуртĕ, водопровод, тихасем усрамалли вите, пулă кÿлли, хăмла пахчи, сад тунă, хăмла типĕтекен сушилка туса лартнă.

Партин XIX-мĕш съезчĕн историллĕ решенийĕсемпе хавхаланса, колхозниксем кăçал кашни гектартан 17—18-шар центнертан кая мар тĕштырă туса илессишĕн, обществăллă выльăх-чĕрлĕх йышĕпе тухăçлăхне пиллĕкмĕш пилĕк çуллăх планпа пăхнă чухлĕ ÿстерессишĕн социализмлă ăмăрту сарса ячĕç. Çуркунне акма пысăк пахалăхлă, кирлĕ чухлĕ вăрлăх пур. Уй-хире 4.170 лав тислĕк кăларнă, вырăнти удобрени нумай пухнă, 200 гектар çине юр тытнă. Ялхуçалăх инвентарĕсем юсавлă.

Суйлав умĕнхи социализмлă ăмăртура колхозниксем тепĕр çитĕнÿ турĕç—раснă йывăçа турттармалли тата çул хĕррине илсе тухмалли задание чыслăн пурнăçларĕç. Халĕ суйлав кунĕ тĕлне йывăç касмалли плана тултарассишĕн пиксесе ĕçлеççĕ.

Ф. Е. Сапаркин юлташ—Совет органне суйланма тивĕçлĕ кандидат.

Г. МАТВЕЕВ.

## Юр тытас ĕçе хăвăртлатмалла

Тырпул тухăçлăхне ÿстерес тĕлĕшпе хĕлле тумалли ĕçĕсенчен пĕри вăл—хире юр тытса юласси. Малта пыракан колхозсен опычĕпе наука учрежденийĕсем тĕпчесе пĕлни çакна кăтартса парать: юр тытса юлни тĕштырăсен тухăçлăхне пĕр гектар пуçне 3—4 центнер, уяр çулсенче унтан та ытларах ÿстерет.

Шăхасан районĕнчи Суворов ячĕпе тăракан колхозра юр тытса юлнă уйра кашни гектартан 28-шар центнер вир ÿстернĕ. Ленин ячĕпе тăракан колхозра Андреев юлташ бригади, юр тытнипе тата ытти агротехника правилисене пурнăçа кĕртсе, гектартан 314-шар центнер çĕрулми пухса кĕртнĕ, çав колхозрах 25 гектар çинче кашни гектар пуçне 45-шер центнер клевер ути тухнă. Пăрачкав районĕнчи Горький ячĕпе тăракан колхоз юр тытнă лаптăкра кашни гектар çинче 725 центнер выльăх кăшманĕ çитĕнтернĕ. Çак тĕслĕхсем вĕсем малта пыракан техникăпа, агрономи науки вĕрентнипе пĕлсе усă курни паха результатсем панине лайăх кăтартса параççĕ.

Хирте юр тытни мĕн чухлĕ усă парасси ку ĕçе хăш вăхăтра тата мĕнле пахалăхпа туса ирттернинчен килет. Кая юлса пуçăнсан, кирлĕ чухлĕ юр тытса хăварма май килменни каламасăрах паллă.

Кăçал республикăра юр тытас ĕç питĕ начар пырать. Январĕн 1-мĕшĕ тĕлне пĕтĕм республикипе мĕн пурĕ те 608 гектар çинче кăна юр тытма пуçланă. Пĕлтĕр ку вăхăта 64.879 гектар çинче юр тытнă. Çак факт ялхуçалăх работникĕсем юр тытас ĕçе хакламаннине, кирлĕ ĕç çине çиелтĕн пăхнине кăтартса парать.

Юр тытас ĕçре чи пахи вăл—тытса юлнă юр тарăн пулни. Апла пулсан, юра мĕн май килнĕ таран ытларах тытса юлма тăрăшмалла. Юр тытмалли щитсене, кĕлтесене, çапăсене хĕл каçиччен темиçе хутчен вырăнтан вырăна куçармалла, çавăн пекех тата юр хĕвĕнмелли юр хÿмесене, юр купасене те уй талкăшĕнче темиçе хутчен—тăвас пулать.

Юр тытмалли хатĕрсене пĕр-пĕринчен мĕнле хушă хăварса лартмаллине çапла шутласа пĕлмелле: ретпе рет хушши çав хатĕрсен çÿлĕшĕнчен 20 хут ытларах пулмалла. Юр хÿмесен çÿлĕшĕ 50 сантиметр пулсан, вĕсене кашни 10 метртан лартса тухмалла.

Щитсене, юр стенисене тата ыттисене те шахмат йĕркипе, яланхи çилсене хирĕçле вырнаçтарса тухмалла, юр хÿмисене кукăр-макăр тăсса каймалла.

Юлашки çулсенче чылай колхозсем юр тытас ĕçре тислĕке пăрлантарса тунă щитсемпе усă курма тытăнчĕç. Ку щитсене йывăç рама-формăра туса хатĕрлеççĕ. Рамăсен тăршшĕпе сарлакăшне 70×70 сантиметр, çÿлĕшне 25—30 сантиметр тумалла. Çав рамăсене тислĕк тултарса шыв сапса лайăх пăтратаççĕ те таптаса хытараççĕ. Вара формăна кăларса илеççĕ. Щит шăнса çирĕпленичченех çав вырăнтах юлать. Кун пек щитсенче пĕчĕк шăтăксем туса хăварсан аван.

Ятарласа хатĕрленĕ хатĕрпе сухаласа юр тытни йÿне ларнине палăртмалла. Ку меслетпе ĕçлени питĕ тухăçлă тата хатĕрсем те, вăй та нумай кирлĕ мар. Кун пек хатĕрсемпе юр тарăнăшĕ 10—15 сантиметра çитсен ĕçлеме пулать. Вĕсемпе кĕрхи тырă калчисен, нумай çул ÿсекен курăксен уйĕсенче ĕçленĕ чухне тăпра сийĕ çине тивертсе сухаламалла мар. Асăннă культурăсен участокĕсенче çавăн пекех тата юр хÿмисемпе юр куписене те юр тарăн çуса лартсан тин тума юрать. Юр сухаламалли хатĕрсем лаша кÿлсе ĕçлемеллисем те, тракторпа ĕçлемеллисем те пулаççĕ. Вĕсене тума йывăр мар, кирек хăш тимĕрçĕ лаççинче те е тата кирек хăш мастерскойра та туса пама пултараççĕ.

Хĕлле тумалли ĕç планĕсем тăрăх, республикăри колхозсен юра пĕтĕм кĕрхи тырă калчисен, нумай çул ÿсекен курăксен уйĕсенче тытса юлмалла, унсăр пуçне тата çурхи тырăсем акмалли пĕтĕм лаптăк çинче те юр тытса хăвармалла.

Çакна пурнăçа кĕртмелли ĕçсене МТС-сем организацилесе пымалла. Юр тытас ĕçĕн пысăк пайне трактор вăйĕпе тумалла. Çавăнпа та МТС-сен тракторсем, юр сухаламалли риджерсем çителĕклĕ уйăрса памалла, юр тытмалли плана вăхăтра тултарассишĕн кĕрешмелле. Пур колхозсенче те ĕçе пысăк пахалăхпа туса ирттермелле. Колхоз правленийĕсен юр тытма колхозниксене анлăн хутшăнтармалла.

Ф. АБАКУМОВ.

## Пуху правлени ĕçĕнчи пысăк çитменлĕхсене палăртрĕ

Ушанарти Калинин ячĕпе тăракан колхозра отчетлă пуху пулчĕ.

Колхозниксем ялхуçалăх артелĕн ĕçĕнче 1952 çулта пысăк çитменлĕхсем пулнине палăртрĕç.

Колхозăн иртнĕ кĕркунне 310 гектар çине ыраш акмалла пулнă, анчах 253,4 гектар çине кăна акса хăварнă. Çавăн пекех ытти хăшпĕр культурăсене те планпа пăхнă чухлĕ акман. Агротехникăна пăсса ĕçленĕ. Хире тислĕк, торф çителĕклĕ кăларман. 60 тонна минераллă удобрени кÿрсе килмелле пулнă пулсан, пурĕ те 3 тонна кăна кÿрсе килнĕ. Çавна пула та ĕнтĕ иртнĕ çул тырпул начар пулчĕ, гектартан ыраш 7 центнер, сурхи тулă 10 центнер, сĕлĕ 10 центнер, урпа 8,3 центнер кăна пухса илнĕ. Çитменнипе тата тырпула питĕ тăккаласа вырнă. Тырă вырса пухнă çĕрте колхоз хăйĕн машинисемпе те, МТС машинисемпе те туллин усă курман, МТС-па тунă договора пурнăçламан.

Колхоз иртнĕ çулта выльăх-чĕрлĕх ĕрчетмелли плана та тултараймаи. Колхоз ĕне фермине водопровод кĕртнĕ, анчах унпа туллин усă курмаççĕ. Хĕле япăх хатĕрленнине пула выльăх-чĕрлĕх тăвăр, шăтăк-шăтăк витесенче тăрать. Çамрăк пăрусем валли вара вите пачах çук.

Колхоз вăрман хатĕрлевĕнче те юлса пырать.

Колхозра ялхуçалăх артелĕн Уставне пăснă тĕслĕхсем нумай. Ку тарана çитсе те лаша кÿлмелли хатĕрсем колхозниксен килĕсенчех. Иртнĕ çул ĕçкунĕсен минимумне 26 колхозник тултарман, анчах вĕсем пирки пĕр сас-хура та пулман. Колхоз çурт-йĕрсем тăвакан бригада тунă. Унта 12 колхозника çирĕплетнĕ. Анчах строительство бригади ытларах аякри ялсенче ĕçлесе çÿрет. Колхозри строительство ĕçĕсене тара тытнă çынсене тутарнă.

Колхоз 6,26 гектар çинче вунă çула яхăн ĕнтĕ сад ĕрчетет, анчах иртнĕ çул вăл мĕн пурĕ те 49 тенкĕ кăна тупăш панă. Çавăн пекех колхозăн хурт-хăмăр утарĕ пулнă. Иртнĕ çул ăна салатса янă.

Правлени председателĕн отчетлă доклачĕ тăрăх 35 колхозник тухса каларĕ, çак çитменлĕхсене кăтартса, малашне ĕçлемелли çинчен паха сĕнÿсем пачĕç.

Пуху колхозри чи пултарулă çынсенчен правлени суйларĕ, ăна пĕтĕм ĕçсене лайăхлатма хушса хăварчĕ.

Шăхасан районĕ. Г. ЛУЧ.

### Вăрман хатĕрлевĕ

## Ăмăрту пуçаракансен кĕрешĕвĕ

Комсомольски районĕнчи колхозниксем Коммунистсен партийĕн XIX-мĕш съезчĕ йышăннă решенисене пурнăçлассишĕн чунтан-чĕререн тăрăшса ĕçлеççĕ. Вĕсем вăрман хатĕрлемелли плана срокчен тата иртерсе тултарассишĕн ăмăрту пуçарса ячĕç.

Районти колхозниксем «Чăвашвăрман» тресчĕн Улатăр тата Первомайски вăрманпромхозĕсенче, Йĕпреç вăрман хуçалăхĕнче тата Комсомольски районра вăрман хатĕрлеççĕ. Хальхи вăхăтра вăрманта 400 çын ытла ĕçлет.

Районти партипе совет активĕ ял Совечĕсемпе колхоз правленийĕсене куллен пулăшу парса тăраççĕ. КПСС райкомĕпе райсовет исполкомĕ уйрăмах юлса пыракан ял Совечĕсемпе колхозсене ытларах пулăшма тăрăшаççĕ. Кайнлăк ял Советне кĕрекен Берия ячĕпе тăракан колхоз иртнĕ çул вăрманта япăх ĕçленĕ. Ял Совет председателĕ Чаржов юлташпа колхоз председателĕ Волков юлташ хăйсен пĕлтĕрхи йăнăшĕнчен тивĕçлĕ вывод тунă. Вĕсем государство заданине пурнăçласси çинчен активпа тĕплĕн сÿтсе явнă, бригадăсене ертсе пыма чи пуçарулă колхозниксене уйăрнă. Бригадăсем, звеносем хушшинче вăйлă ăмăрту пырать. Колхозниксем суйлав кунне вăрман хатĕрлевĕнче çĕнтерÿсем тунипе кĕтсе илме пулчĕç. Вĕсем вăрман хатĕрлемелли плана пур енĕпе те суйлав кунĕ тĕлне тултарма обязательство илчĕç. Кун хыççăн колхозниксен хастарлăхĕ тата ÿсрĕ. Йывăç касакансем ĕç нормине тăташ 120—150 процент тултарса пычĕç. Колхозниксем тăрăшса ĕçленине пула колхоз йывăç касса хатĕрлемелли плана 130 процент тултарчĕ. Апла пулин те колхозниксем килĕсене таврăнмаççĕ. Колхоз каснă йывăçа çул хĕррине илсе тухмалли тата турттарса кăлармалли плана çак кунсенче тултарать.

Вырăнти Советсен суйлавне хатĕрленнĕ май ял Совечĕсем хăйсен ĕçне лайăхлатрĕç. Нĕркеç ял Совечĕн 1.600 кубометр йывăç касса хатĕрлемелле, 1.650 кубометр турттарса кăлармалла пулнă. Ял Совечĕ депутатсене, ялти актива вăрман хатĕрлес ĕçе хутшăнтарнă. Ял Совет председателĕ Яковлев юлташ темиçе хутчен вăрманта пулнă. Вăл ĕçри çитменлĕхсене вырăнтах татса пама тăрăшнă. Ĕçе тĕрĕс организацилениипе пула ку ял Советне кĕрекен Мичурин ячĕпе тăракан колхоз государство заданине срокчен тултарчĕ, республикăн Хисеп хăми çине кĕме тивĕçлĕ пулчĕ.

Районти колхозниксем йышăннă обязательствăна чыслăн пурнăçласа пыраççĕ. Вĕсем Йĕпреç вăрман хуçалăхĕнче вăрман хатĕрлемелли плана тултарнă. Улатăр вăрманпромхозĕнче ĕçлесси те вĕçленсе пырать. «Чăвашвăрман» тресчĕ енĕпе район январĕн 25-мĕшĕ тĕлне вăрман касса хатĕрлемелли плана 82,3 процент, каснă йывăçа çул хĕррине илсе тухмалли плана 31 процент, каснă йывăçа турттарса кăлармалли плана 59,4 процент тултарнă.

«Алга», Жданов ячĕпе тăракан, «Красное Сормово» колхозсен членĕсем январĕн 20-мĕшĕпе февралĕн 20-мĕшĕ хушшинче вăрман хатĕрлемелли плана тултармалли стахановла уйăхлăх ирттерме, Тăван çĕршыва планран иртерсе 10 процент йывăç хатĕрлесе пама йышăннă. Комсомольски райсовет исполкомĕпе КПСС райкомĕн бюровĕ çак патриотла пуçарăва ырланă, вăрман хатĕрлемелли плана тултармалли стахановла уйăхлăх пĕтĕм районĕпе ирттерме йышăннă.

Райсовет исполкомĕпе КПСС райкомĕн бюровĕ районти мĕнпур колхозниксемпе колхозницăсене вăрман хатĕрлемелли плана срокчен тултарассишĕн, Чăваш АССР-ĕнчи мĕнпур колхозсене чĕнсе каланинче йышăннă обязательствăсене ăнăçлăн пурнăçлассишĕн колхозсем, бригадăсем хушшинче социализмă ăмăрту анлăн сарса яма чĕнсе каланă.

Районта вăрман хатĕрлемелли плана срокчен тата иртерсе тултарассишĕн ăмăрту вăйланса пырать.

П. ИВАНОВ.

## Малта пыракансем

Республикăри вăрман промышленноçĕнче ертçе пыракан профессиллĕ рабочисем хушшинче техникăпа туллин усă курассишĕн, ĕç нормине уйăхран уйăха иртерсе тултарассишĕн социализмлă ăмăрту саралнă. «Чăвашвăрман» трест, вăрман ĕçĕнчи тата сулă юхтаракан рабочисен профсоюзĕн обкомĕ маларах асăннă рабочисен 1952 çулхи IV-мĕш кварталти социализмлă ăмăртăвĕн итогĕсене пăхса тухса, ăмăртура 25 çын малти вырăна тухнине палăртнă.

Трактористсенчен уйрăмах Кире вăрманпромхозĕнче ĕçлекен М. Сысуйкин, В. Борисов юлташсем, Улатăр вăрманпромхозĕнче ĕçлекен Н. Ибрагимов юлташ паха тĕслĕх кăтартнă. Вĕсем тăваттăмĕш кварталти нормăна 143—132 процент тултарнă. Алтышево вăрманпромхозĕнчи Н. Вельдяев юлташ вара тата тухăçлăрах ĕçленĕ; кварталти нормăна 160 процент тултарнă, заданирен иртерсе 1.500 кубометр ытла йывăç çул хĕррине илсе тухнă.

Шоферсенчен Çĕмĕрле вăрманпромхозĕнче ĕçлекен А. Светкинпа Н. Муляев юлташсен пысăк çĕнтерĕвне палăртнă. Муляев юлташ кварталти ĕç нормине 191 процент, Светкин юлташ—221 процент тултарнă.

Çĕмĕрле вăрманпромхозĕнче ĕçлекен пăравус машинисчĕ П. Чугунов юлташ кварталти нормăна 194 процент, лавçă И. Обливанцев юлташ 312 процент тултарнă.

# Йăнăшнă хыççăн

КАЛАВ

Степана паян колхозран кăлармалла турĕç.

Клуба халăх лăках тулнă, ниçта ларса-тăма та вырăн çук; Степан хăй те çынсем калаçнине ура çинчех итлесе тăчĕ.

— Тĕрĕс!

— Мĕн пăхса тăмалли пур ăна!

— Тытса усранинчен кăларса пăрахни усăллăрах!

Степан çак сăмахсене чĕрене тивекен сăмахсем вырăнне хумарĕ. «Кăларассĕ пулсан, кăларччăрах, — шухăшларĕ вăл.—Мĕн, вĕсемсĕр пурăнаймастăп-и? Хăратасшăн тата...»

Пуху Степана колхозран кăлармалла тесе йышăннă решенипе пĕтрĕ.

Çула май вăл пускилсем хушшинче хăйне колхозран кăларнине нимĕн вырăна хуман пек шÿтлĕн каласса, иртерсе яма шутларĕ.

— Ха, колхозран кăлартăмăр та, пурăнаймасть, теççĕ пулĕ.

— Ну-и пурăнах эппин!—пат татса хучĕ унпа юнашар пурăнакан Михаç мучи.—Кĕтÿрен татăлса юлнă сурăх пекех. Урăх никам та мар.

Степан татах тем каласса кĕтнĕччĕ, анчах Михаç мучи, малтан чиперех юнашар утса пыраканскер, хăвăрт утма пуçларĕ, ыттисем те унтан юлмарĕç.

Урам варрине пĕр Степан çеç тăрса юлчĕ.

Таçта, аякра, çамрăксем юрлани илтĕнет:

Çĕмĕрт çеçки çурăлсан...

Ку юрра Чăваш республикинче пĕлмен çын çук та пулĕ. Степан хăй те пĕрре кăна юрламан ăна. Хăçан тухнине те астăвать: ун чух вĕсем колхоза пĕрлешни нумай пулмасчĕ-ха, тахăшĕ вĕренсе килнĕ те, вара ăна пĕр-пĕринпе ăмăртсах вĕренме тытăнчĕç.

Степан пĕр хушă шухăша кайса тăчĕ.

Юлашки çулсенче Степан колхозран пăрăнса çÿреме пуçларĕ: ăçта çăмăл ĕç—вăл унта кĕме тăрăшать е çурăм хыçне кутамкка çакать те эрне хушшинех килте курăнмасть: çывăхри ялсенче чÿрече рамисене, кантăк лартса çÿрет, е камăн та пулин сарай-мĕн куçармалла пулсан, ăна такам систерсе тăнă пекех, унталла вĕçтерет. Ĕç хыççăн çынсем ăна мухтакаласа та илĕç:

— Мĕн калăн: чăн-чăн платник, — тенĕ вĕсем.

Малтан, чăнах та, шикленерех тăратчĕ: ара, шикленмесĕр, ĕçкунĕн минимумне тултараймасан, пахча касса илеççĕ-çке-ха—ялхуçалăх Уставĕнче çавăн пек кăтартса хăварнă, çавăнпа та вăл мĕнле те пулсан, минимум тултарма çеç ĕмĕтленетчĕ. Унта та çăмăл ĕçсене—хурала е арпа-улăм турттарнă çĕре лекме хыпаланатчĕ. Чăн та, хăй вăл ватă та мар ĕнтĕ, вăйпитти çын, тырă вырма та, суха тума та, вăрман касма та—пур çĕрте те пултармалли çын!

Кăçал вара пĕтĕмпе те 28 ĕçкунĕ çеç турĕ. Мĕншĕн? Мĕншĕн тесен хăйĕншĕн ытларах тăрăшнă.

Ун çинчен правлени ларăвĕнче пĕрре кăна ыйту лартман ĕнтĕ. Парторганизаци секретарĕпе колхоз председателĕ Степанпа хăйĕнпе те каласса пăхрĕç.

— Степан, колхозра тăрăшса ĕçлесен, хуна та, колхоза та усă пулĕччĕ. Куратăн-и, мĕн чухлĕ ĕç пирĕн колхозра! Ăна та, кăна та тăвас пулать, пĕр сăмахпа каласан, ĕркенмен çын валли ĕçĕ хăех тупăнса пырать,—терĕç вĕсем.

Степан вĕсене хирĕç ытлашши нимех те тавăрса каламарĕ. «Юрĕ, шухăшласа пăхам-ха», терĕ вăл. Анчах ответне парас пирки вара, чăнах та, пĕрре те хыпаланмарĕ.

— Ну, мĕнле?—ыйтрĕ Варвари, Степан пÿрте кĕрсен.—Кăларчĕç пулĕ?

Степан, шарламасăр пиншакне хывса, сĕтел хушшине кĕрсе ларчĕ, чĕнмесĕр пĕр самант çÿçне якаткаласа илчĕ.

— Нимех те мар,—терĕ вăл, арăмĕ пăшăрханнине туйса, — пурăнăпăр-ха: Семье пысăках мар. Ача-пăчасем çук. Иксĕмĕр эпир таçта кайсан та пĕтмĕпĕр.

— Апла хăтланма кирлĕ марччĕ те... Итлемерĕн çав эсĕ çынсен сăмахне.

«Çитĕ сана!», тесе каласси килчĕ ун, анчах чĕнменни кун пек самантра усăллăрах пуласси шута илсе, шарламасăр сывăрма хатĕрленме тытăнчĕ.

Пуçланчĕç Степаншăн кичем те пĕччен ирттермелли кунсем. Кун нек пуласса шутлама пултарнă-ши вăл малтан? Ирĕкре пĕр-пĕр ĕç тупса, çынсене тĕлĕнтерессшĕнччĕ вăл. Анчах ĕçĕ, юри тенĕ пекех, ку вăхăтра тупăнмарĕ. Кунĕне килте ĕçсĕр антраса ларни такама та йăлăхтарса çитерет ĕнтĕ.

Çынсем ирпе ĕçе кайнă чухне, вĕсене, хушăкран пăхса, ăмсанса асатса ярать. Пĕччен юлсан, пĕрине, теприне, тахçан пăрахăçа тухнă, мăкланса кайнă каскасене тыткаласа пăхкалать. Унăн халĕ пĕр-пĕр йывăр ĕç тăвас килет. Çынсем курччăрччĕ унăн ĕçне. Эх, çак сарая тепĕр çĕре куçармалла пулсан...

Çынĕсем те пăрăнчĕç унран. «Елĕкрех чух» ун патне кÿршĕсем пуçтарăнкалатчĕç, колхоз ĕçĕсемпе малаллахи пурнăç çинчен калаçкаласа ларатчĕç. Анчах халĕ? Малалла мĕнле-ха? Чăнах та ĕнтĕ çакăн пекех пурăнма тивет унăн?

Нĕррехинче, сывăхри ялта пĕр-пĕр ĕç тупăн-ши тесе, кутамкка çаксах тухса кайрĕ. Çулĕ çурхи тырăсен пуссисем урлă выртать. Степан йĕри-тавралла пăхкаласа пырать. Аван, хÿхĕм тулă ÿсет: çĕлен те шуса тухас çук. Сахалтан та гектартан 100—120 пăт тухмаллах. Кам-ччĕ-ха вăл? Э.., виççĕмĕш бригадăн пулмалла. Çапла.

Акă пăрçа пусси. Вăл та хÿхĕм.

Пĕр хутаçне тутанса пăхас тесе-и мĕн, Степан аллине тăсрĕ çеç, çак вăхăтра сасартăк хысалта сасă илтĕнчĕ:

— Эй, колхозран кăларса пăрахнăскер, пăрса ан татнă пултăр!

Сĕрелле усăннă алă трукках каялла туртăнчĕ. Степан çаврăнса пăхрĕ те, тĕлĕнсех кайрĕ: ачасем! Акă камсем иккен пăрса хуралçисем!

Анчах ку сăмах ăна ĕнсерен çапнă пекех туйăнчĕ. Улăха ансан, ывăннă çын пек, канма ларчĕ те, аллине пуçне тытса, шухăша кайрĕ.

Çапла чылайччен пуçне чиксе ларчĕ вăл. Темĕнле шухăшсем те пыра-пыра кĕчĕç: хăй ача чухнехине, колхозра ĕçлеçе кил-çурт саварнине, уй-хир ĕçĕсене пĕтерсен халăхпа пĕрле савăннине аса илчĕ. Теменшĕн ăна çак вăхăтра тăван ял сывăх та ăшă кăмăллă пек туйăнчĕ. Вара вăл, кас пулас умĕн, каялла, килне çулпах ялалла уттарчĕ.

Бригадир килĕрен-киле пуху пуласси çинчен пĕлтерсе çÿрет. Акă вăл, Степансен килĕ умне çитсе, кантăкран шаккарĕ.

— Варвари, пуху пулать. Халех пыр...

«А мана»,—кăшкăрса ямах тăчĕ Степан, анчах хăйне колхозран кăларнине аса илсе, тута хĕррине çыртса лартрĕ.

Çапах та, Варвари пухуран таврăнсан, чăтаймарĕ Степан:

— Ну, мĕн калаçрĕç?—именсе ыйтрĕ вăл.

— Сана мĕн ĕç? Эсĕ колхозра мар вĕт,—сиввĕн тавăрчĕ Варвари.—Ыран ыраш вырма тухатпăр. Эсĕ пур, килте пăчăхса ларатăн. Кам пур сан пекки ялта? Сана пулах кÿршĕсем те пăрăнчĕç пирĕнтен. Мĕн те пулин урăхла сăмах каласанах, мана тĕксе каланă пекех туйăнать. Çук, эпĕ санпа пурăнмастăп, эсĕ паянах колхоза кĕместĕн пулсан... уйрăлатăп,—унăн сасси çинçелсе-çинçелсех пычĕ, унтан чăтаймарĕ — макăрса ячĕ.

Степан, чунĕ тăвăнса килнипе, картине тухрĕ. «Чăнах та, мĕнрен уйрăм-ха вăл ытти çынсенчен? Ĕçлеме пултараймасть-и? Мĕншĕн-ха вăл халăхран пăрăнса кайрĕ? Кам-ха кунта айăплă?..» Çук, вăл урăх чăтма пултараймасть. Кумĕскĕн те киревсĕр пурнăç.

Шухăша кайнипе вăл хăй те сисмерĕ, çивчĕ пурттине илсе анкартине уя тухрĕ. Инçех мар, ял пуçĕнче, строительсен бригади фермăн çĕнĕ çуртне лартать. Çавăнталла уттарчĕ те ĕнтĕ Степан.

Вăл пыкă чухне, строительсен бригади канма ларнăччĕ. Колхозри пуçламăш парторганизаци секретарĕ платниксене тĕнчери лару-тăру çинчен ăнлантарса парать.

— Сывă-и, тăвансем?—терĕ Степан именсе, вĕсем патне çитсе тăрсан.

— А-а; Степан... Кил, лар,—хăйпе юнашар ларма сĕнчĕ секретарь. — Ну, мĕнле пурăнатăн?

— Кичем, Николай Григорьевич... Хам валли ниçта канăç тупаймастăп... Чăтаймарăм, сирĕн пата килсе пăхас, терĕм... Манăн сирĕнпе пĕрле ĕçлес килет.

Çак тăватă уйăх хушшинче хăй мĕн чăтса ирттерни çинчен тĕнĕ-йĕрĕпе каласа пачĕ. Унтан хушса хучĕ:

— Эпĕ сирĕнтен урăх ниçта та уйрăлса каймастăп. Хуса ярсан та—каймастăп.

— Çавăн пек вăл Степан,—терĕ секретарь, ура çине тăрса.—Халăхран пăрăнса кайсан, кичем пурнăç пуçланать. Халăхпа ĕçлеме те савăнăçлă... Анчах халăх тăвакан ĕçе парăнса, чунтан-чĕререн юратса ĕçлес пулать... Юрĕ, ĕçле... Анчах колхоза илес пирки колхозниксен пухăвĕнче пăхса тухăпăр... Вĕсем мĕн калĕç.

Степаншăн ку та тем пекех паха. «Илĕç-ши?»—тесе те ыйтмарĕ, пуртă тытса, турпас хыççăн турпас вăркăнтарма тытăнчĕ. Кĕçех ăна ăшă та пулчĕ, питрен тар та юхма пуçларĕ, анчах вăл ăна туймарĕ,—пуçри пĕр шухăш ăна малалла хавхалантарса пычĕ.

И. ИГНАТЬЕВ.

## Польшăра В. И. Ленин произведенийĕсене пичетлесе кăларни

ВАРШАВА, январĕн 29-мĕшĕ. (ТАСС). Польшăри ĕççыннисем пĕтĕм тĕнчери ĕççыннисен гениллĕ çулпуçĕпе учителĕн В. И. Ленинăн вилĕмсĕр произведенийĕсене вĕренеççĕ.

Польшăн ирĕке кăларнăранпа В. И. Ленин произведенийĕсене 8.096 пин экземпляр пичетленĕ. Çак тапхăр хушшинче В. И. Ленин сочиненийĕсен 12 томĕ пичетленсе тухнă. Вĕсен тиражĕ — 1.750 пин экземпляр. В. И. Ленинăн суйласа илнĕ произведенийĕсен икĕ томне пичетлесе кăларнă. Вĕсен тиражĕ — 200 пин экземпляр. 33 произведение уйрăм кĕнеке туса кăларнă. В. И. Ленинăн «Империализм — капитализмăн чи çӳлти сыпăкĕ» ятлă гениллĕ произведенийĕ çичĕ хут, пурĕ 425 пин экземпляр пичетленсе тухнă. «Коммунизмри «сулахайлăхăн» ачалла чирĕ», «Карл Маркс» тата ытти произведенийĕсене те темиçе хутчен пичетлесе кăларнă.

1953 çулта В. И. Ленин сочиненийĕсен ытти томĕсене пичетлесе кăлараççĕ. В. И. Ленинăн «Государство тата революци», «Карл Маркс» произведенисене, çавăн пекех «Ленинпа Сталин парти строительстви çинчен» ятлă сборника тата ытти чылай произведенисене тепĕр хут пичетлесе кăлараççĕ.

## Польша халăх хуçалăхĕн 1952 çулхи планне тултарнин итогĕсем

ВАРШАВА, январĕн 29-мĕшĕ. (ТАСС). Паян Польшăри хаçатсем Польша Халăх Республики 1952 çулта халăх хуçалăх планне тултарни çинчен государствăн экономикăна планлакан комиссийĕ пĕлтернине пичетлесе кăларнă.

Унта çакна кăтартса панă: малтанхи сведенисем тăрăх, социализмлă промышленноçăн пĕтĕм продукцийĕ 1952 çулта, 1951 çулхипе танлаштарсан, 20 процент ӳснĕ. 1952 çулта промышленность производствин шайĕ, çав çул валли ултă çуллăх планра палăртнипе танлаштарсан, 14 процент иртсе кайнă.

1952 çулта пĕтĕм продукци туса кăлармалли плана 98 процент тултарнă.

1952 çулта планран иртерсе нумай паха промышленность продукцийĕ туса кăларнă. Вĕсем хушшинче: груз турттаракан «Люблин» автомашинăсем, «Варшава» ятлă çăмăл автомашинăсем, трактор плугĕсем, сеялкăсем тата ытти ял-хуçалăх машинисем, йĕтĕн пир-авăрне пĕветмелли машинăсем т. ыт. те.

Малтанхи сведенисем тăрăх, шултра тата вăтам промышленноçра продукцин хăйне ларакан хакĕ 2 процент чухлĕ йӳнелнĕ.

Совет Союзĕ техникăлла пулăшу панипе пула тата халăх демократи çĕршывĕсемпе наукăпа техника тĕлĕшĕнчен килĕштерсе ĕçленине пула, Польша Халăх Республикин социализмлă промышленноçĕ 1952 çулта пысăк тухăçлă ĕçлекен нумай машинăсемпе механизмсем туса кăларассине йĕркеленĕ.

Ялхуçалăхне аталантарас тĕлĕшпе те çитĕнӳсем тунă. Акмалли çĕр лаптăкĕ 1952 çулта, 1951 çулхипе танлаштарсан, 142 пин гектар чухлĕ ӳснĕ. Тăватă тĕрлĕ тĕштырă культурисене 1951 çулхипе танлаштарсан, 4 процент ытларах пухса илнĕ. Çак тапхăр хушшинче сыснасен йышĕ 3 процент, сурăхсен йышĕ — 13 процент, çавăн пекех майралла шултра выльăх йышĕ те ӳснĕ.

## Китайри политикăлла вĕренӳ

ПЕКИН, январĕн 27-мĕшĕ. (ТАСС). Ертсе пыракан работниксене идейăпа политикăлла пĕлӳ парассине Китайри Коммунистсен партийĕ пысăк вырăна хурать. Пĕтĕм çĕршывĕпех партипе политикăлла шкулсем уçнă. Вăл шкулсенче кадрти работниксем производствăран татăлмасăр марксизм-ленинизм теорине, партипе правительство политикине, пĕтĕм тĕнчери лару-тăрăва, Сталин юлташăн «ССР Союзĕнчи социализмăн экономикăлла проблемисем» ятлă произведенине тата КПСС XIX-мĕш съезчĕн материалĕсене вĕренеççĕ.

«Женьминьжибао» хаçат çапла пĕлтерет: Китайра каçхи партшкулсемпе политикăлла шкулсем 842 шутланаççĕ. Вăл шкулсенче ертсе пыракан работниксем 430 пин ытла вĕренеççĕ.

Çакăн пек шкулсене Китайри Коммунистсен партийĕ 1951 çулта пропаганда ыйтăвĕсем енĕпе Пĕтĕм Китайри конференци иртерне хыççăн тунă. Халĕ ун пек шкулсем мĕнпур пысăк хуласенче, çавăн пекех провинципе район центрĕсенче пур.

## Çапăçура çирĕпленнĕ туслăх

ПХЕНЬЯН, январĕн 29-мĕшĕ. (ТАСС). Китай халăх добровольцĕсен Корейăри отрячĕсем интернационализмăн лайăх тĕслĕхĕсене кăтартаççĕ. Вĕсем Корея халăхĕпе питĕ туслăн пурăнаççĕ. Корейăра иртнĕ çулта пулса иртнĕ çакăн пек ĕç çинчен нумайăшĕ пĕлеççĕ. Китай халăх добровольцĕ Ло Сан-ге Корея ачине çăлас тесе хăйĕн пуçне хунă. Ло Сан-ге çăлса хăварнă Цой Хен сывă юлнă. Вилнĕ геройăн ашшĕ ăна ывăллăха илнĕ.

Нумаях пулмасть Корейăри хаçатсем Корея хресченĕ Пак Чже Гын тунă паттăр ĕç çинчен пĕлтерĕ. Фронт çывăхĕнче вырнаçнă пĕр ялти хресченсем Китай халăх добровольцĕсене аманнă çынсене тылри госпитале ăсатма пулăшнă. Пак Чже Гын хресчен хăйĕн урапи çинче Китай добровольцне госпитале турттарса пынă чухне вĕсем çине Америка самолечĕ тапăннă. Пак Чже Гын, добровольца осколоксенчен хӳтĕлес тесе, ăна хăйĕн ӳчĕпе хупланă. Аманнă добровольц çăлăнса юлнă, Пак Чже Гын вилнĕ.

Китай добровольцĕ Ло Сан-ге тата Корея хресченĕ Пак Чже Гын тунă паттăр ĕçсем, тесе çырать «Нодон синмун» хаçат, Корейăпа Китай халăхĕсен арканми туслăхне кăтартса параççĕ. Çак паттăр ĕçсем Корея Халăх çарĕн воинĕсене тата Китай халăх добровольцĕсене ирсĕр тăшманпа çапăçнă çĕрте хавхалантарса пыраççĕ.

## Корейăри ĕçсем

### ХАЛĂХ ÇАРĔН ГЛАВНĂЙ КОМАНДОВАНИЙĔ ПĔЛТЕРНИ

ПХЕНЬЯН, январĕн 29-мĕшĕ. (ТАСС). Демократиллĕ Корея Халăх Республикин Халăх çарĕн Главнăй командованийĕ январĕн 29-мĕшĕнче çапла пĕлтернĕ:

Халăх çарĕн соединенийĕсем Китай халăх добровольцĕсен чаçĕсемпе пĕрле фронтăн уйрăм участокĕсенче Америкăпа Англи интервенчĕсен тата Ли Сын Ман çарĕсене хирĕç çапăçнă.

Самолетсене хирĕç кĕрешекен салтаксем паян тăшманăн 2 самолетне персе ӳкернĕ, 3 самолетне сиенленĕ.

## Америка салтакĕсем çартан тараççĕ

НЬЮ-ЙОРК, январĕн 29-мĕшĕ. (ТАСС). Ассошиэйтед Пресс агентствин корреспонденчĕ Сеулран пĕлтернĕ тăрăх, Америкăн 8-мĕш çарĕн прокурорĕ Роберт Лансфилд полковник çапла каланă: çар трибуналĕ нумаях пулмасть 3-мĕш дивизири 65-мĕш полкри 97 салтака суд тунисĕр пуçне çартан тарнăшăн 2-мĕш, 24-мĕш, 45-мĕш дивизисенчи тата 1-мĕш мотомеханизированнăй дивизири салтаксен пысăк ушкăнне суд тунă. 1-мĕш мотомеханизированнăй дивизире кăна çар трибуналĕ салтаксем «хăйсене хăравçăлла тыткаланăшăн» 100—150 ĕç пăхса тухнă, тенĕ Лансфилд. Çак ĕçсем юлашки икĕ уйăх хушшинче пулнă. 2-мĕш дивизире те çакăн чухлĕ ĕç пăхса тухнă.

Лансфилд суда панисене виçĕ енĕпе айăпланине кăтартса панă. Вăл айăпсем: «хăйсене кирлĕ пек тыткаламанни» е тăшман умĕнче хăраса тăни, çапăçури позицине кайма килĕшменни, хăрушă заданисенчен пăрăнса юлас тесе çартан тарни. Çартан тарасси пуринчен ытларах сарăлнă. Айăплă пулнисене 40 çул таран тĕрмене хупмалла тăваççĕ.

## Греци патриочĕсен ушкăнĕ тĕлĕшпе йышăннă приговор

АФИНЫ, январĕн 28-мĕшĕ. (ТАСС). Афины хулинчи ревизионнăй çар сучĕ Элли Иоаниду, Грамменос, Дромазос, Маниати тата ытти патриотсен ĕçĕсене тепĕр хут пăхса тухнă. Грецири хаçатсем пĕлтернĕ тăрăх, судра свидетельсем вырăнне полици агенчĕсем кăна тухса каланă. Грецири вăрттăн полици патриотсене «тăван çĕршыва сутнăшăн», «çĕршыв территорийĕн пĕр пайне Грециренуйăрма хăтланнăшăн» айăплама хăтланнине айăплантаракансем тăрă шыв çине кăларса сирсе янă. Анчах та çакна пăхмасăр суд Белояннис арăмне Элли Иоаниduна, Дромазоса, Георгиадана, Маниатине, Грамменоса, Папаниколана ĕмĕрлĕхех тĕрмене хупмалла тунă. Николакопулоса, Подараса, Левандакиса, Кассиоласа, Цониса, Калофолиаса 20 çуллăха тĕрмене хупмалла тунă.

Суда организацилени тата суд тунă тапхăр çакна кăтартса панă: ревизионнăй суд «33 çын ĕçне» паллă тĕллевпе тепĕр хут пăхса тухнă. Грецири демократиллĕ ушкăнсенче палăртнă тăрăх, влаçра тăракан ушкăнсем, суд туса, Греци халăхĕн демократиллĕ патриотла фронтне тăвассишĕн тухса калакан демократиллĕ çынсене хăратас тĕллев лартнă.

## Индин никама пăхăнманлăхĕшĕн

### КАЛЬКУТТА ХУЛИНЧИ 25 ПИН ÇЫНЛА МИТИНГ

ДЕЛИ, январĕн 29-мĕшĕ. (ТАСС). Январĕн 26-мĕшĕнче Калькуттăри Парк Сиркус площадĕнче митинг иртернĕ, унта 25 пин çын пулнă. Митинг участникĕсем Инди Британи империйĕпе мĕнпур çыхăнусене таттăр тесе требовани лартнă.

«Свадхината» хаçат пĕлтернĕ тăрăх, митинга Коммунистсен партийĕн Бенгалири комитечĕ сулахай партисен Калькуттăри ытти организацийĕсемпе пĕрле организациленĕ. Хĕвеланăç Бенгалири сулахайри тĕрлĕ партисен представителĕсем пĕрлĕхлĕ фронт тума тата Индин никама пăхăнманлăхĕшĕн кĕрешме чĕнсе каланă.

## Америкăпа Англи империалисчĕсем Пакистанра Совет Союзĕпе Китай Халăх Республикине хирĕç вăрçма плацдарм тăваççĕ

ДЕЛИ, январĕн 28-мĕшĕ. (ТАСС). «Блитц» журнал паян хăйĕн Лондонри корреспонденчĕ пĕлтернине пичетлет. Унта çапла каланă: «Англипе Америкăн вăрçă чĕртекен çыннисем Кашмир территорийĕ çинче Совет Союзне, Китая тата Индие хирĕç вăрçма çар базисем тума тăрăшса, Пакистана агрессиллĕ пакта хутшăнтармалли çĕнĕ план туса хатĕрленĕ...». Корреспондент çакна кăтартса парать: «Пакистан территорийĕнче çар базисем 27 тунă ĕнтĕ. Вăл базăсем пуринчен ытларах Хĕвеланăç Пакистанра вырнаçнă».

Корреспондент çапла çырать: США правительстви «Пакистанра çар базисем тума çĕр миллион доллар уйăрма палăртать. Америкăн çĕнĕ сеначĕ çак плана сӳтсе явать. Англи хăй енчен Пакистанри çар валли аслă çар командирсем пама пулнă».

## „Нимĕç çамрăкĕсен союзĕн“ преступникла ĕçĕсене татах тăрă шыв çине кăларнă

БЕРЛИН, январĕн 27-мĕшĕ. (ТАСС). «Нейес Дейчланд» хаçат çапла пĕлтерет: Фридбергра (Гессен) январĕн 10-мĕшĕпе 13-мĕшĕ хушшинче ухтарусем тунă хыççăн «Нимĕç çамрăкĕсен союзĕ» текенскерĕн террористла ĕçĕ çинчен, вăл союз Бонн правительствипе тата Америка разведкипе çыхăну тытнине кăтартакан материалсем тупнă. Ухтарусем тунă вăхăтра «Нимĕç çамрăкĕсен союзĕнчи» террористсем вĕлерме палăртнă çынсен çĕнĕ списокĕсене тупнă.

Вăл списокра Германири Коммунистсен партийĕн Фридбергри организацийĕн деятелĕсен, çавăн пекех профсоюз деятелĕсемпе Бонри кавара хирĕç активлă кĕрешекенсен ячĕсем пулнă.

«Тĕп тума» хатĕрленĕ çынсен списокне конфискациленĕ май, «Социалистише фольксцейтунг» хаçат Гессен хулинчи премьер-министра Цинна çакăн пек ыйту парать: конфискациленĕ материалсене вăл мĕншĕн пичетлесе кăларман? Вăл материалсем хушшинче, вĕлерме палăртнă çынсене мĕнле меслетсемпе идĕртмелли çинчен çырнă заметкăсем пулнă. Мĕншĕн-ха «кăвак кĕнеке» текенскерне пичетлемен, мĕншĕн-ха çынвĕлеренсен Америкăри хуçисене тăрă шыв çине кăларман?

«Нейес Дейчланд» хаçат террористла организацисем Америка разведкипе тата Бонн правительствипе вăрттăн çыхăну тытнине тăрă шыв çине кăларакан фактсем нумай илсе кăтартать.

## Чан Кай-ши бандисем Бирмăра иртĕхни

БАНГКОК, январĕн 29-мĕшĕ. (ТАСС). Рангунран Чан Кай-ши бандисем Бирмăн Китайпа Бирма чиккин районĕнче иртĕхни çинчен пĕлтереççĕ. Америка хĕçпăшалĕсемпе хĕçпăшалланнă гоминдановецсем вырăнти халăха асаплантараççĕ, вĕсенчен апат-çимĕçпе выльăх-чĕрлĕхе туртса илеççĕ, «налогсем» тӳлеттереççĕ.

Чан Кай-ши бандисем нумаях пулмасть Çурçĕр-Хĕвелтухăç Бирмăри Шань княжествисенчи пĕр княжествăн пуçлăхне хăйĕн княжествин столицинчен хăваласа янă. Унăн хăйĕн çемйице кӳршĕри княжествăсенчен пĕрне тарма тивнĕ.

Гоминдановецсен бандисем ытларах та ытларах иртĕхеççĕ. «Нью таймс оф Бирма» хаçат çапла пĕлтернĕ: Чан Кай-ши бандисем çĕршывăн кăнтăр енне куçса пыраççĕ. Пĕлтернинче çакна кăтартса панă: январь уйăхĕн пуçламăшĕнче 700 гоминдановец Монг-Янг урлă (Кент-Тунгран 50 миля çурçĕр-хĕвелтухăçнерехре) Шиен-Гок (Индо-Китай) ялĕ патнелле иртсе кайнă. Гоминдановецсем халĕ те куçаççĕ.

«Рангун Дейли» хаçат гоминдановецсен бандисем кăнтăралла куçса пынă пирки пăшăрханнине палăртать, гоминдановецсем хăйсен ирсĕр ĕçне Шань княжествисенче вăйлатса пынине кăтартса парать. Çавна май хытă пăшăрханнине палăртса, хаçат çапла çырать: гоминдановецсен бандисем Бирма территорийĕ çинче çакăн пек иртĕхнине хирĕç татăклăн кĕрешмелле.

### БЕЙРУТРИ ДЕМОНСТРАЦИ

БЕЙРУТ, январĕн 29-мĕшĕ. (ТАСС). Бейрутри муниципалитетăн ĕçрен кăларса янă темиçе çĕр служащийĕ ĕнер Бейрут центрĕнче демонстраци иртернĕ.

Демонстраци иртернĕ çĕре полици пырса çитнĕ. Вăл 60 çынна арестленĕ. Ливанри хаçатсем пĕлтернĕ тăрăх, юлашки вăхăтра Ливан влаçĕсем муниципалитетсенчи тата государство учрежденийĕсенчи служащисене 3 пин çынна яхăн ĕçрен кăларса янă.

## Иракăн çĕнĕ правительстви

ЛОНДОН, январĕн 29-мĕшĕ. (ТАСС). Рейтер агентствин Багдадри корреспонденчĕ пĕлтернинчен çакă куранать: Ирак сеначĕн председателĕ Джамиль Мадфаи, иртнĕ вăхăтра пĕр хутчен кăна мар премьер-министр пулнăскер, Иракăн çĕнĕ правительствине тунă. Çак правительство Ирак çарĕн генеральнăй штаб начальникĕ ертсе пынă «куçмалли тапхăрти» правительствăна улăштарать. «Куçмалли тапхăрти» правительствăна 1952 çулхи ноябрь уйăхĕнче Иракра империализма хирĕç кĕрешекенсене пусарма тунă пулнă.

Маларах пулнă хыпарсем тăрăх, парламентăн черетлĕ суйлавĕсене иртерне хыççăн Нуреддин Махмуд правительстви хăй отставкăна тухни çинчен пĕлтернĕ.

## СССР чемпионĕн ятне илессишĕн

Январĕн 29-мĕшĕнче Мускавра, Совет Çарĕн Центральнăй Çуртĕнче, М. Ботвинникпа М. Тайманов хушшинчи ăмăртура выляса пĕтереймен виççĕмĕш партине выляса пĕтернĕ.

Тĕнче чемпионĕ 41 хут çӳренĕ хыççăн кĕрешӳ питĕ çивĕч пулнă.

56 хут çӳренĕ хыççăн гроссмейстерсем нихăшĕ те çĕнтереймен тесе йышăннă.

Çапла ĕнтĕ виçĕ парти выляна хыççăн М. Ботвинник 2 очко, М. Тайманов 1 очко пухнă.

## Пурăнмалли çуртсем лартаççĕ

Республикăри хуласемпе рабочи поселоксенче пурăнмалли çуртсем тăвасси çултан-çул вăйланса пырать. 1950 çултан пуçласа, кăçалхи январĕн 1-мĕшĕ тĕлне республикăра пурăнмалли çуртсем пурĕ 105,4 пин тăваткал метр чухлĕ тунă.

1953 çулта ĕççынни депутачĕсен вырăнти Совечĕсем енĕпе пурăнмалли çуртсем тума 1.951,3 пин тенкĕ укçа расходлама палăртнă. Çак укçапа 1.400 тăваткал метр чухлĕ пурăнмалли çуртсем тумалла. Кивĕ çуртсене юсама та укçа-тенкĕ нумай уйăрнă.

Предприятисемпе учрежденисем енĕпе те пурăнмалли çуртсем нумай тăваççĕ. 1953 çулта предприятисемпе учрежденисем хăйсен работникĕсем валли 22 пин тăваткал метр чухлĕ çурт туса лартмалла. Кунсăр пуçне, рабочисемпе служащисем, государство кивçен укçа парса пулăшнипе, пурăнмалли çурт нумай тăваççĕ. Коммунальнăй банк рабочисемпе служащисене çурт лартма 4 миллион тенкĕ укçа кивçен пама палăртнă.

Хуласемпе рабочи поселоксенче çĕнĕ кĕперсем тума, урамсене чул, асфальт сарма тата ытти ĕçсене тума кăçал 3 миллион та 300 пин тенкĕ укçа расходламалла.

## Колхоз çамрăкĕсен вĕренĕвĕ

Куславкка районĕнчи «Динамо» колхозри çамрăксем тĕрлĕ специальноçа вĕренме тăрăшаççĕ. Çичĕ çамрăк тракторист пулма вĕренет. Вĕсенчен чылайăшĕ халиччен плугарь пулса ĕçленĕ. Ю. Волкова тата Ю. Герасимова зоотехника ĕçне вĕреннĕ. О. Айдаровăпа А. Айдарова колхозницăсем пурçăн хурчĕ ĕрчетме вĕренчĕç. Кăçал вĕсем пурçăн хурчĕ ĕрчетес тĕлĕшпе ĕçлеме пуçлаççĕ. Юлия Кудряшова пчеловод пулма вĕренет.

Фермăри çамрăк доярка Нина Морякова электричествăпа ĕне сума вĕреннĕ. Халĕ вăл фермăсенче ĕçлекен ытти доярккăсене те çак ĕçе вĕрентет. Кунсăр пуçне, чылай çамрăксем колхоз производствинче тĕрлĕ специальноçа вĕренеççĕ. Иван Рыбаковпа Онофри Оришев ялхуçалăх машинисене юсаççĕ. А. Журавлев тимĕрçĕ пулма вĕренет.

Колхозри çамрăксем платник тата ытти ĕçсене вĕренеççĕ.

## —Кĕскен—

ВАРНАР. Кунта ĕçялкорсемпе стена хаçат редакторĕсен районти канашлăвĕ пулса иртрĕ. Канашлура Советсен суйлавĕ тата вырăнти пичет умĕнче тăракан задачăсем çинчен доклад итлесе сӳтсе яврĕç. Стена хаçачĕсен ĕçне вăйлатма кирлине палăртрĕç.

**И. КОРАКОВ.**

КАЛИНИНО. Сăкăтри лекторсен группи сакăр лектора пĕрлештерсе тăрать. Иртнĕ çулхине лекторсен вăйĕпе колхозниксем хушшинче вуншар лекци вуласа панă. Колхозниксем уйрăмах сутсанталăк, наука, медицинăпа техника ыйтăвĕсемпе тата тĕнчери лару-тăру çинчен вуланă лекцисене юратса итлеççĕ.

**В. МИХАЙЛОВ.**

ЕЛЧĔК. Ворошилов ячĕпе тăракан колхоз хуçалăхĕ ӳссех пырать. Кăçал колхозра водопровод туса пĕтереççĕ. Халĕ обществăлла выльăх-чĕрлĕхе усрамалли витесем патне шыв пымалли пăрăхсем хураççĕ, шыв пухăнмалли пысăк чансем лартаççĕ.

**Ф. ИЛЬИН.**

СЕНТЕР. Каганович ячĕпе тăракан колхоз членĕсем çитес çураки валли вăрлăх çителĕклĕ хатĕрлесе хучĕç. Ялхуçалăх машинисене пĕтĕмпех юсаса çитерчĕç. Уй-хире тислĕк кăлараççĕ, кăйкăк-кĕшĕк тислĕкĕ пухаççĕ.

**Д. ВЕРШКОВ.**

ОКТЯБРЬСКИ. Пилĕк уйăх каярах «Культура» колхозра çĕнĕ библиотека ĕçлеме пуçларĕ. Кĕске вăхăт хушшинчех библиотека колхозниксен юратнă вырăнĕ пулса тăчĕ. Библиотекăран 390 çын кĕнекесем илсе вулать. Çĕнĕ кĕнекесене вулакансем патне хăвăртрах çитерес тесе, куçса çӳрекен виçĕ библиотека тунă. Юлашки вăхăтра кунта Б. Полевойăн «Эпир, совет салтакĕсем» ятлă кĕнекене пĕрлешсе вуласа тухнă. Сурăх ферминче ĕçлекенсемпе «Выльăх-чĕрлĕх пăхакансен мĕн вуламалла» темăпа калаçу иртернĕ.

**В. ТРОФИМОВ.**

## Молотов облаçĕ—пуян область

Пирĕн республикăри колхозниксем кăшни çулах çĕнĕ çĕре чылай куçса каяççĕ. Кăçал та республикăри чылай колхозниксемпе хуçалăхри ĕççыннисем Молотов облаçне куçса кайма хатĕрленеççĕ.

Молотов облаçĕ Уралăн хĕвеланăç пайĕ шутланать. Вăл Совет Союзĕнчи пуян та пысăк çĕр лаптăкне йышăнакан облаçсенчен пĕри. Унăн анлăшĕ çурçĕртен кăнтăра çитиччен 600 километр, хĕвелтухăçĕнчен хĕвеланăçне çитиччен 300 километр. Молотов облаçĕ çĕр кăмрăкĕпе, нефтьпе тата çĕр айĕнчи ытти тĕрлĕ пуянлăхсемпе чапа тухнă. Облаçре ялхуçалăхĕ те лайăх аталаннă. Молотов облаçĕнче «симĕс ылтăн» запасĕ питĕ пысăк. Вăрман пĕтĕм территорин иккĕ виççĕмĕш пайне йышăнать. Вăрман хатĕрлес ĕçе план тăрăх туса пырсан, кашни çуллен çурт-йĕр тума е урăх ĕçре усă курма 30 миллион кубометр яхăн вăрман касса хатĕрлеме пулать.

Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн XIX-мĕш съезчĕ вăрман промышленноçне техникăпа хĕçпăшаллантарассине вăйлатма кăтартса пачĕ. Вăрман касса хатĕрлемелли машинăсем, ĕç тухăçлăхне ӳстерме пулăшакан механизмсем çултан-çул ытларах туса кăларни Молотов облаçĕнчи вăрман промышленноçне вăйлатма пулăшать. Вăрман хатĕрлекен пур предприятисенче те кирлĕ чухлĕ машинăсем пур. Совет Союзĕнче туса кăларнă хăватлă техника вăрман касакансен ĕçне тĕпренех çĕнетсе улăштарчĕ. Халĕ Молотов облаçĕнчи вăрмансенче куçса çӳрекен 600 ытла электростанци, электричествăпа ĕçлекен пăчкăсем 4.000 ытла, йывăç турттармалли тата тиемелли машинăсем 600 яхăн пур. Каснă йывăçа турттарнă çĕрте хăватлă тракторсемпе пиншер автомашинăсем ĕçлеççĕ. Юлашки çулсенче вăрман турттарма чугун çулсем хывнă. Парти съезчĕн решенийĕсем тăрăх, кунта техникăпа усă курасси татă ытларах ӳссе пымалла.

Вăрман промышленноçĕн ĕçĕсем пирки парти съезчĕ татăклă кăтартусем пачĕ. «Йывăç хатĕрлес ĕçе вăрман нумай ӳсекен районсене куçармалла,—тесе кăтартса пачĕ партин XIX-мĕш съезчĕ.—Йывăç хатĕрлес ĕçри сезонлăха чакармалла. Çав тĕлĕшпе çĕнĕ районсенче механизациленĕ предприятисем лартмалла, ялан ĕçлекен рабочисем пулмалла».

Вăрман промышленноçĕнче ялан ĕçлекен кадрсем хатĕрлесси паянхи задачăсенчен пĕри пулса тăрать. Совет Союзĕн вăтам облаçĕсенчен вăрманта ĕçлеме каякансен йышне ӳстермелле.

Пирĕн Тăван çĕршывра строительство çултан-çул хăватлăн аталанса пырать. Çĕнĕ строительствăсем валли йывăç нумай кирлĕ. 1953 çулта кăна Молотов облаçĕнчи вăрманпромхозсем Тăван çĕршыва строительство валли 11 миллион кубометра яхăн вăрман хатĕрлесе памалла.

Çак задачăна пурнăçлама тата вăрман промышленноçĕнчи хăватлă техникăпа анлă усă курма рабочисем сахал мар кирлĕ. Вĕсене пуринчен малтан ĕç вăйĕ ытлашши облаçсем пама пултараççĕ. Кăçалхи çулăн пĕрремĕш çур çулĕнче Чăваш республикинчи ĕççыннисем хăйсен ирĕкĕпе вăрман промышленноçĕнче ĕçлеме Молотов облаçĕнчи «Кунгурлес» трестне кĕрекен Шучье Озеро, Асов, Кордон, Бизяр тата Осински вăрманпромхозĕсене куçса кайма пултараççĕ.

Коммунизмăн аслă стройкисем валли вăрман хатĕрлекен рабочисен ĕçĕ питех те хисеплĕ ĕç.

Пирĕн республикăри нумай районсенчен 1951 çултан пуçласа Молотов облаçне çĕршер çемье куçса кайрĕç. Вĕсен пĕр пайĕ колхозсенче, ыттисем вăрманпромхозсенче ĕçлеççĕ.

Çĕнĕ çĕре куçса каякансем валли ĕçлеме те, пурăнма та лайăх условисем туса панă. Кашни çемьене вăрманпромхозра кил вырăнĕ валли 0,50 гектар çĕр, икĕ гектара яхăн утă çулса хатĕрлемелли участок, пӳрт тата хуçалăхри çуртсем тума укçасăрах йывăç параççĕ. Çавăн пекех йывăç турттарма транспорт парса пулăшаççĕ. Çĕнĕ çĕре куçса кайнă хуçалăхсем ĕне, сыснасемпе сурăхсем, кайăк-кĕшĕк чылай усрама пултараççĕ. Выльăх-чĕрлĕх туянма государство нумай вăхăтлăха ссуда парса пулăшать.

1952 çулхи ноябрьте Улатăр районĕнчи колхозник Михаил Иванович Мухин «Кунгурлес» трестĕнчи Бизяр вăрманпромхозне куçса кайрĕ. «Вырăна çитсенех эпĕ хваттер илтĕм, — тесе çырать вăл. — Çурт лартма мана кил вырăнĕ уйăрса пачĕç. Эпĕ пӳрт туянтăм. Кăçал çуркунне хам пӳртре пурăнма пуçлатăп».

М. Мухин халĕ вăрманпромхозра платник пулса ĕçлет. Кашни куллен 40—45 тенкĕ ĕçлесе илет. Вăрман хатĕрлекен рабочисен ĕç укçи уйăхра 2.000—2.500 тенке çитет.

Куçса кайнă чылай колхозниксем Чăваш республикинчи ĕççыннисем патне тăтăшах çырусем çыраççĕ, çĕнĕ çĕрти пурнăçпа паллаштараççĕ. Канаш районĕнчи Шверник ячĕпе тăракан колхоз членĕ пулнă Я. Иванов, Киров ячĕпе тăракан колхозри И. Семенов 1952 çулхи март уйăхĕнче «Кунгурлес» трестĕнчи Шущье Озеро вăрманпромхозне куçса кайнă. Нумаях пулмасть вĕсем çапла çырса пĕлтерчĕç: «Вырăна çитсенех куçса килнĕ пур çемьесене те лайăх хваттерсем пачĕç. Кайран эпир хамăр валли пурăнмалли çуртсем лартрăмăр, государствăран илнĕ укçапа ĕнесем туянтăмăр. Кунта пурнăç питех те лайăх, выльăх-чĕрлĕх валли утă çителĕклĕ. Çĕнĕ çĕре куçса килнисем пурте кил вырăнĕсем илчĕç».

Çавăн пекех Канаш районĕнчи «Красное знамя» колхозран 1952 çулта Осински вăрманпромхозне куçса кайнă В. Москалев та çĕнĕ çĕрти пурнăçа ырласа çырать. «Пире кунта питĕ лайăх кĕтсе илчĕç,—тесе çырать вăл хăйĕн çырăвĕнче.—Мана виçĕ пӳлĕмлĕ пӳрт пачĕç, 0,30 гектар пысăкăш кил вырăнĕпе усă куратăп. Кунсăр пуçне, утă çулмалли участок пур».

Çĕнĕ çĕре куçса кайнă колхозниксене хăйсен специальноçĕ тăрăх ĕç параççĕ. Специальность çук пулсан, кирек хăш вăхăтра та вĕренсе шофер, тракторист, электромеханик специальноçне илме пулать. Кунта уйăхне 1.500—2.300 тенкĕ таран ĕçлесе илме май пур.

Пирĕн республикăран куçса кайнă колхозниксем хăйсен çырăвĕсенче вăрманти пур ĕçсене те механизациленни çинчен кăтартса параççĕ. Çĕнĕ çĕре куçса кайнă нумай çынсем кунта вăхăтрах хăйсене кăмăла каякан ĕçе вĕренеççĕ.

Çавăн пекех вĕсем вăрман промышленноçĕнче ĕçлекенсене лайăх тумлантарни, вĕсен культурăпа йăла условийĕсене лайăхлатассишĕн вырăнти организацисем тимлĕн тăрăшни çинчен çыраççĕ.

Çĕнĕ çĕре куçса каякансен çемйисене государство пысăк çăмăллăхсем парать. Каяс умĕн çул укçи параççĕ, государство шучĕпе вырăна илсе çитереççĕ, килти хуçалăхри япаласемпе выльăх-чĕрлĕхе чугун çулпа илсе кайма пулăшаççĕ, налог тата государство умĕнчи ялхуçалăх парăмĕсенчен хăтараççĕ. Ялхуçалăх налогĕ, страховка укçи, ялхуçалăх продукчĕсем парса татман пулсан, вĕсене каçараççĕ; ытти çăмăллăхсем те параççĕ.

Молотов облаçне куçса кайнă колхозниксем пирĕн республикăри ĕççыннисене хăйсем патне пурăнма куçма чĕнеççĕ.

**Н. ЖУКОВ.**

### ПĔТĔМ ТĔНЧЕРИ ШАХМАТ ТУРНИРĔНЧЕ

БУХАРЕСТ, январĕн 29-мĕшĕ. (ТАСС). Ĕнер Пĕтĕм тĕнчери шахмат турнирĕнче пĕрремĕшпе иккĕмĕш вăйăсенчи тепĕр вăхăта хăварнă партисене выляса пĕтернĕ. Совет Союзĕн гроссмейстерĕ Петросян Голомбека (Англи), çĕнтернĕ. Л. Сабопа (Венгри) Чоколтя (Румыни) тата Ш. Сабопа (Румыни) Слива (Польша) выляма пуçламасăрах пĕрне-пĕри çĕнтереймен тесе йышăннă. О'Келли (Бельги) Рэдулескуна (Румыни) çĕнтернĕ.

БУХАРЕСТ, январĕн 29-мĕшĕ. (ТАСС). Паян Пĕтĕм тĕнчери шахмат турнирĕн виççĕмĕш вăййине иртернĕ. Вăйлă кĕрешӳ пынă хыççăн Л. Сабопа (Венгри) Петросян (СССР), Смысловпа (СССР) Чоколтя (Румыни) хушшинчи партисем пĕрне-пĕри çĕнтерейменнипе вĕçленнĕ.

Совет Союзĕн мастерĕ Толуш 41 хут çӳренĕ хыççăн Рейхертан (Румыни) выляса илнĕ. 43 хут çӳренĕ хыççăн Филипп (Чехословаки) Ш. Сабопа (Румыни) çĕнтернĕ. О'Келлипе (Бельги) Шайтар (Чехословаки) хушшинчи вăйă 17 хут çӳренĕ хыççăн пĕрне-пĕри çĕнтерейменнипе вĕçленнĕ. Совет Союзĕн шахматисчĕ Спасский Милева (Болгари) хирĕç малтан лайăх вылянă, анчах кайран йăнăш тунă. Партие тепĕр вăхăта хăварнă.

Совет гроссмейстерĕ Болеславский Штольцпа (Швеци) вылякан парти вĕçленмен, ку партире Болеславскин выляса илме шанчăк пур. Çавăн пекех Сливапа (Польша) Барца (Венгри) хушшинчи, Бардапа (Норвеги) Троянеску (Румыни) хушшинчи, Голомбекпа (Англи) Радулеску (Румыни) хушшинчи партисене те тепĕр вăхăта хăварнă.

Редактор **В. Я. ЯКОВЛЕВ.**

РЕДАКЦИ АДРЕСĔ: г. Чебоксары, ул. Володарского, 5, Дом печати. ТЕЛЕФОНСЕМ: редактор—0-67, редактор заместителĕ—3-99, ответлă секретарь—4-26, секретариат—3-54, промышленность пайĕ—5-74, информаци пайĕ—5-74, парти пурнăç пайĕ—3-99, ялхуçалăх пайĕ—3-97, культура пайĕ—8-61, совет строительстви пайĕ—8-61, çырусен пайĕ 7-32, издательство кантурĕ—0-23.

НТ 01261 Типография №1 Чувашполиграфиздата. Тираж 20.000 экз.